ПЕТЕМ ТЕНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПЕРЛЕШЕР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Декабрь 9 юнкун № 240 (9149)

Хакĕ 20 пус. 36-мĕш çул тухать.

**Паянхи номерте:**



## Организаторла ĕçе лайăхлатмалла

КПСС XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсенче тата партипе правительство ялхуçалăхне малалла аталантарас, халăха кулленхи кирлĕ таварсем ытларах туса кăларас тĕлĕшпе йышăннă постановленийĕсенче кăтартса панă задачăсене анăçлăн пурнăçа кĕртме партилле-организацилле тата партилле-политикăлла, çавăн пекех ертсе пырас ĕçĕн шайне ӳстермелле, йышăннă решенисене пурнăçланине тĕрĕслес ĕçе куллен вăйлатмалла.

Анчах районсемпе хуласенчи парторганизацисен нумайăх пулмасть пулса иртнĕ конференцийĕсем çакна кăтартса пачĕç: партин хăшпĕр комитечĕсем организаторла тата политикăлла ĕçе лайăхлатма, парторганизацисемпе ĕççыннисем хушшинчи çыхăнăва çирĕплетме кирлĕ пек тăрăшмаççĕ. Çак ситменлĕхсем районти, колхозсенчи, предприятисенчи ĕçсене партин вырăнти органĕсем енчен ертсе пырассине вăйсăрлатаççĕ, парти организацийĕсене çĕннине, малта пыраканнине вăхăтра палăртса, пулăшса пыма, çавăн пекех юлса пыракан участоксенче ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе çийĕнчех мерăсем йышăнма чăрмантараççĕ.

Отчетпа суйлав пухăвĕсем тата парти конференцийĕсем йышăннă решенисенче партин пуçламăш организацийĕсен ĕçри пултарулăхне ӳстерес, умра тăракан хуçалăхпа политикăлла задачăсене ăнăçлăн татса парас тĕлĕшпе конкретлă ĕçсем тума палăртнă. Промышленность предприятийĕсенчи парторганизацисен рабочисене, инженерсемпе техниксене производство планне тултарма тата ирттерсе тултарма, продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетме тата пахалăхне лайăхлатма, ĕçре новаторсен опычĕпе анлăн усă курма, перекетлĕхпе тирпейлĕхшĕн кĕрешме мобилизацилемелле. Совет учрежденийĕсенчи, суту-илӳ предприятийĕсенчи, йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерекен предприятисенчи парторганизацисен ĕççыннисен ӳссе пыракан культурăпа йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерме тăрăшмалла.

Колхозсенчи, МТС-сенчи, совхозсенчи парторганизацисем, партин районти комитечĕсем умĕнче КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă решенисене ăнăçлăн пурнăçлас задача тăрать. Вĕсен колхозăн ялти ĕçченĕсене ялхуçалăх умĕнче тăракан çĕнĕ задачăсене ăнлантарса памалла, колхозсен экономикине, МТС-сен ĕçне тĕплĕн пĕлмелле, вĕсене партипе правительство йышăннă постановленисене пурнăçлама пулăшмалла. Колхозниксем, механизаторсем, ялхуçалăх работникĕсем хушшинче ялхуçалăхĕн пур отраслĕсене те малалла вăйлатассишĕн, тĕштырăсемпе техникăлла культурăсен тухăçлăхне ӳстерессишĕн, выльăх-чĕрлĕх йышне нумайлатса, унтан продуктсем ытларах илессишĕн социализмла ăмăртăва анлăн сарса пымалла.

Тĕрĕс решени йышăннă хыççăн, ĕçри ситĕнӳсем организаторла ĕçрен, йышăннă решенисене пурнăçланине тĕрĕслесе пынинчен килеççĕ. Сăмаха ĕçпе çирĕплетни, решени йышăнса, ăна пурнăçа кĕртни вăл—пĕтĕм ĕçĕн тĕп содержанийĕ Парти райкомĕсен, хула комитечĕсен, пуçламăш организацисен умĕнче халĕ отчетпа суйлав пухăвĕсемпе парти конференцийĕсен решенийĕсене пурнăçа кĕртес задача тăрать.

Парти организацийĕсенче чылайăшĕнче парти пухăвĕсемпе парти конференцийĕсен решенийĕсене пурнăçа кĕртнине куллен тĕрĕслесе тăраççĕ. Ку парторганизацисенче парти пухăвĕсемпе конференцийĕсен решенийĕсенче кăтартса панă ситменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе чылай ĕç тунă, партилле-политикăлла ĕçе лайăхлатнă.

Партин Шупашкар хула комитечĕ отчетпа суйлав пухăвĕсен тата парти конференцийĕн решенийĕсене пурнăçа кĕртнине тĕрĕслес ĕçе начар мар туса пырать. Кунта конференци делегачĕсем панă сĕнӳсене пĕтĕçтерсе тухнă, отчетпа суйлав пухăвĕсен тата парти конференцийĕн решенийĕсене пурнăçлама конкретлă план тунă. Хула комитечĕн членĕсем пуçламăш организацисене кайса партилле-организацилле тата политикăлла ĕçе йĕркелеме пулăшаççĕ.

Анчах нумай пуçламăш парторганизацисемпе райкомсем отчетпа суйлав пухăвĕсемпе парти конференцийĕсен решенийĕсенчен кирлĕ выводсем туман. Коммунистсем критиклесе асăрхаттарнисем, вĕсем панă сĕнӳсем çине формально пăхни çинчен калакан фактсем те пур.

Партин Çĕрпӳ районĕнчи конференцийĕнче делегатсем райком бюровĕн ĕçне хытă критиклерĕç. КПСС райкомĕн секретарĕсем тата ертсе пыракан ытти работниксем организаторла ĕçе начар туса пынине, вырăна тухса кирлĕ пулăшу паманнине кăтартса пачĕç. Партилле-политикăлла ĕçре тата кадрсем суйласа илес ĕçре пулнă пысăк ситменлĕхсене пула Çĕрпӳ районĕнчи чылай колхозсем ялхуçалăх ĕçĕсене вăхăтра туса ирттерме пултараймарĕç.

Партин районти конференцийĕ хыççăн райком ĕçĕнче мĕнле улшăнусем пулчĕç-ха? Фактсене пăхсан, улшăну пулни курăнмасть. Парти райкомĕ партин пуçламăш организацийĕсене, уйрăмах колхозсенче, çиелтен ертсе пырать, вĕсене ĕçре пулăшу памасть, КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă постановление пурнăçа кĕртес ĕçе начар организацилет

Парти организацийĕсен руководителĕсем конференци хыççăн та хăйсене кăтартса панă йăнăшсене каллех туни пулкалать. Хĕрлĕ Чутай районĕнче парти пухăвĕсемпе парти конференцийĕнче райком колхозсенчи ĕçсене тĕплĕ пĕлменнине, юлса пыракан ялхуçалăх артелĕсене пулăшманнине, юлса пыракан колхозсене пулăшасси çинчен райком йышăнакан решенисенче çултан-çул пĕр колхозсенех асăннине, вĕсене вăйлатас тĕлĕшпе кирлĕ мерăсем йышăнманнине кăтартса пачĕç Критикăна тĕрĕс тесе йышăнса, райкомпа унăн секретарĕсем юлса пыракан колхозсенче парти ĕçне йĕркелеме витĕмлĕ мерăсем йышăнмаççĕ. Калинин ячĕпе тăракан, «Свет», Булганин ячĕпе тăракан колхозсенчи пуçламăш парторганизацисене отчетпа суйлав пухăвĕсем йышăннă решенисене пурнăçлама начар пулăшаççĕ.

Йышăннă решенисене пурнăçа кĕртнине руководительсен хăйсен тĕрĕслесе тăмалла. Çакна партин пуçламăш организаци секретарĕн те, КПСС райкомĕпе хула комитет секретарĕн те асра тытмалла. Партин Çĕрпӳ райкомĕ йышăнакан решенисем ситеĕклех витĕмлĕ пулманни йышăннă решенисене пуçламăш организацисенче мĕнле пурнăçланине райком секретарĕсем хăйсем тĕрĕслесе тăманнинчен килет.

Йышăннă решенисене тăтăшах тĕрĕслесе тăмасан, ĕçре пысăк ситменлĕхсем пулаççĕ, работниксен ответлăхĕ чакать, парти дисциплини вăйсăрланать. Парти организацийĕсен кашни руководителĕ, кашни коммунист йышăннă решенисене çине тăрса, пуçарулла пулса тĕрĕслесе тăмалла. «Парти членĕшĕн парти решенийĕсемпе килĕшни çеç сителĕксĕр, — тенĕ парти Уставĕнче, — парти членĕ çав решенисене пурнăçа кĕртессишĕн кĕрешме тивĕç Коммунистсем парти решенийĕсем тĕлĕшпе хăйсене пассивлă тата формально тытни партин кĕрешӳри пултарулăхне хавшатать, çавăнпа та хăйсене ун пек тытакансем парти ретĕнче пулма тивĕçлĕ мар».

Парти райкомĕсемпе хула комитечĕсен, парти комитечĕсенче ĕçлекенсен парти массисем умĕнчи хăйсен ответлăхне яланах асра тытмалла. Йышăннă решенисене пурнăçа кĕртессишĕн çине тăрса кĕрешмелле. Паллах, отчетпа суйлав пухăвĕсемпе парти конференцийĕсен решенийĕсене пурнăçа кĕртесси час иртекен вăхăтлăх ĕç мар. Çав решенисене пурнăça кĕртме парти комитечĕсемпе бюросен организаторла ĕçе куллен вăйлатса пымалла.

Парти конференцийĕсен решенийĕсене çине тăрса пурнăçласа пыма КПСС райкомĕсен, хула комитечĕсен куллехи практикăлла ĕçне коммунистсен йышлă массисене хутшăнтармалла, парти ĕçĕнчи лайăх опыта пĕтĕçтерсе, сарса пымалла, критикăпа самокритикăна пур майсемпе те вăйлатмалла, кадрсемпе ытларах ĕçлемелле, ĕçри ситменлĕхсемпе йăнăшсене тăтăшах пĕтерсе пымалла. Парти райкомĕсемпе хула комитечĕсен пуçламăш парторганизацисене пулăшса пырса, вĕсем отчетпа суйлав пухăвĕсен решенийĕсене мĕнле пурнăçа кĕртнине яланах тĕрĕслесе тăмалла.

КПСС райкомĕсемпе хула комитечĕсен йышăннă решенисем çине ответлăха туйса, формально пăхнине хирĕç татăклăн кĕрешмелле, отчетпа суйлав пухăвĕсемпе парти конференцийĕсем йышăннă решенисене пĕтĕмĕшпех пурнăçа кĕртмелле, организаторла ĕçе, ертсе пымалли меслетсене лайăхлатмалла.

### Торф кăлармалли çулталăкри плана тултарнă

ОРЕХОВО-ЗУЕВО, декабрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Орехово-Зуеври торф тресчĕ çулталăкри плана срокчен тултарнă. Озерновски торф предприятийĕ çулталăкри планран ирттерсе вунишер пин тонна торф потребительсене патне ăсатнă.

Трестра торфниксем çитес çула торф кăларма 300 пин гектар лаптăкăш çĕнĕ кирлĕ хатĕрлесе хунă.

### ЧĂВАШ АССР ВЕРХОВНĂЙ СОВЕЧĔН ПИЛĔКМĔШ СЕССИЙĔ УÇĂЛАССИ ÇИНЧЕН

Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн сессийĕ декабрĕн 11-мĕшĕнче, 17 сехетре, Советсен çуртĕн ларусем ирттермелли залĕнче уçăлать.

## ТĂВАН ÇĔРШЫВРА

### Институтсемпе техникумсем валли çĕнĕ çуртсем

СТАЛИНГРАД, декабрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Паян коопераци техникумĕн çĕнĕ çуртне туса пĕтернĕ. Ку вăл—хулари 21-мĕш специальнăй вăтам шкул.

Сталинград хулинче аслă шкулсемпе вăтам шкулсем валли çуртсем лартасси анлăн сарăлнă. Хула варринчи çĕнĕ çуртсенче вăрман хуçалăхĕн институчĕпе техникумĕ вырнаçнă. Çавăн пекех халĕ ялхуçалăх институчĕ валли вĕренмелли тата пурăнмалли çуртсем тăваççĕ. Сталин ячĕпе тăракан проспектра педагогика институчĕ валли çĕнĕ çурт лартаççĕ. Çывăх вăхăтрах медицина институчĕ валли çурт тума тытăнаççĕ.

### Машина-трактор станцийĕсенче

ВЕЛИКИЕ ЛУКИ. Облаçри МТС-сене кашни кунах çĕнĕ техника килсе тăрать. Машинăсем нумайланнă май вĕсене юсамалли çирĕп никĕс кирлĕ. МТС-сенче производство çурчĕсем тăвасси анлă сарăлнă.

Опочки МТС-ĕнче типовăй мастерской туса пĕтернĕ. Унта пĕр вăхăтрах 75 трактор юсама май килет Мастерской çуртне электричество тата водопровод кĕртнĕ, пăспа ăшăтмалла тунă, çĕнĕ оборудовани вырнаçтарса лартаççĕ.

Пореченски МТС-ĕнче, Опочки районĕнчи иккĕмĕш МТС-ра тата облаçри ытти 5 машина-трактор станцийĕсенче çавăн пек мастерскойсем тăваççĕ. Чылай МТС-сенче гаражсем тата ялхуçалăх машинисем лартмалли сарайсем туса пĕтернĕ.

Облаçри ялхуçалăх управленийĕ 1954 çулта типовăй мастерскойсем лартма план хатĕрлет.

ОДЕССА. Вradиевски МТС-ĕнче çĕнĕрен туса лартнă электростанци тата тракторсене юсама сутмелли пек ĕçе кĕнĕ. Котовски МТС-ĕнче общежити туса пĕтернĕ. Борщански МТС-ĕнче пурăнмалли çурт туса лартнă.

Облаçри МТС-сенче строительство ĕçне анлăн сарса яма хатĕрленеççĕ. Краснооknянски, Еремеевски тата ытти МТС-сенче те тракторсем юсамалли пысăк мастерскойсем, гаражсем тата сарайсем тума тытăнаççĕ.

Механизаторсен поселокĕсене лайăхлатас тĕлĕшпе тичлĕн ĕçлеççĕ. Пурăнмалли çуртсене электричество тата радио кĕртеççĕ.

Декабрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС).

Запорожье облаçĕ. Ореховăри механически завод ялхуçалăхĕ валли 2.600 литр кĕрекен цистернăсем, дезинфекци тумалли установкăсем, кормозапарниксем туса кăларать. Завод коллективĕ 10 уйăхри плана 111 процент тултарнă.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: завод туса хатĕрленĕ кормозапарниксем.

А. КРАСОВСКИЙ фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

### Вырăнти промышленность вăйланса пырать

ХАБАРОВСК, декабрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Хабаровск крайĕнче вырăнти тата коопераци промышленноçĕ вăйлансах пырать. Нумай та пулмасть-ха Чукоткăна, Камчаткăна, Колымана та, Охотски тинĕс хĕрринчи вырăнсене мĕнпур таварсене инçетрен кӳрсе килнĕ Халĕ унта промкомбинатсем ĕçлеççĕ. Вĕсем сĕтел-пукан, тумтир, тиртен çĕленĕ япаласем, кондитер изделийĕсем, строительство материалĕсем, халăха куллен кирлĕ ытти таварсем те туса кăлараççĕ. Юлашки вăхăтра крайри вырăнти промышленность эмальпе тата цинкпа витнĕ савăт-сапа, керогазсем, никельпе витнĕ кроватьсем, спорт инвентарĕ тата ытти таварсем те туса кăларма тытăннă.

Крайри вырăнти тата топливо промышленность управленийĕн предприятийĕсем декабрĕн 1-мĕшĕ тĕлне халăха куллен кирлĕ таварсем 1953 çулхи планран ирттерсе 5 миллион тенкĕлĕх туса кăларнă. Иртнĕ çулхипе танлаштарсан, продукци туса кăларасси 25 процент ӳснĕ.

### Çуракине хатĕрленеççĕ

СТАВРОПОЛЬ, декабрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Крайри машина-трактор станцийĕсенче çуракине хатĕрленсе тракторсене, комбайнсене тата ытти ялхуçалăх машинисене юсаççĕ. Машинăсене юсас ĕçе механизаторсен ăста кадрĕсем туса пыраççĕ. Тракторсене узловой меслетпе юсаççĕ. Малта пыракан МТС-сенче агрегатсемпе узелсен улăштармалли фончĕпе юсав ĕçĕнче анлăн усă кураççĕ Çакна май Богославски МТС-ĕ кăçалхи тăваттăмĕш кварталта тракторсем юсамалли плана икĕ хута яхăн, Суворовски МТС-ĕ — виçĕ хут ирттерсе тултарнă.

Крайри 33 МТС тăваттăмĕш кварталта тракторсем юсамалли плана пурнăçланă. Мастерскойсенчен, пĕлтĕр çак вăхăтра юсаса кăларнипе танлаштарсан, çĕршер трактор ытларах юсаса кăларнă. Комбайнсем юсасси пилĕк хут хăвăртрах пулса пырать.

## Выльăх-чĕрлĕхе лайăх хĕл каçарар!

### Витесем ăшă, апат çителĕклĕ

Канаш районĕнчи Куйбышев ячĕпе тăракан колхоз членĕсем обществăлла выльăх-чĕрлĕхе лайăх пăхса усрассишĕн, вĕсен тухăçлăхне ӳстерсе пырассишĕн кĕрешеççĕ.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе ăнăçлăн туса пырасси тата вĕсен тухăçлăхне ӳстересси выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарма кăтартуллăн хатĕрленсе ситнинчен килет.

Çавна май кăçал колхозри мĕнпур витесене юсаса ăшăтнă. Çавăнпа пĕрлех çĕнĕ витесем туса лартнă. Кăçал колхоз выльăх апачĕ нумай хатĕрлесе хучĕ.

М. ИВАНОВ.

### Пысăк тупăш

ШАХАСАН. Суворов ячĕпе тăракан колхоз выльăх-чĕрлĕхрен тупăш нумай илет. Иртнĕ çул кашни ĕнерен пурĕ те 800—900 литр кăна сĕт суса илнĕ пулсан, кăçал 1.110—1.200-шер литр сĕт суса илнĕ.

Кăçал колхоз сысна çурисем сутса 100 пин тенкĕ тупăш илнĕ. Колхозниксене 12 пăру, 45 çурăх сутнă.

Н. ИВАНОВ.

### Колхозри строительство

КУСЛАВККА. «Динамо» колхозра çĕнĕ строительство анлăн сарăлса пырать. Строительство бригади кăçал ялхуçалăх инвентарĕ хумалли сарай, чăх-чĕп, хуркăмпа усрамалли витесем тунă. Çак кунсенче саман кирпĕчрен пăру вити туса пĕтереççĕ.

Фермăсенчи ывăр ĕçсене механизацилес енĕпе те пысăк ĕçсем тăваççĕ. Витесем патне водопровод ыхнă, выльăх апачĕ пĕçермелли кухня туса лартнă.

Т. ИВАНОВ. (Хыпар корр.).

### Фермăсенче çирĕп йĕрке пулмалла

ÇЕМĔРЛЕ. Юлашки çулсенче «Красный Октябрь» колхоз чылай ӳсеç çирĕпленчĕ, тырпул тухăçлăхĕпе выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстерчĕ, ялхуçалăх продукчĕсем нумай туса илекен пулчĕ.

Кунпа пĕрлех пирĕн колхоз ĕçĕнче ситменлĕхсем те нумай-ха. Пысăк ситменлĕхсенчен пĕри фермăсенче выльăхсене кирлĕ пек пăхманни пулать.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри ответлă тапхăр—вĕсене хĕл каçарасси. Анчах колхоз правленийĕ çак ĕç çине кирлĕ пек пăхмасть.

Парторганизаци пухăвĕсенче те, колхоз правленийĕн ларăвĕсенче те выльăхсене хĕллехи вăхăтра пăхса усрасси çинчен темиçе хут та каласнă. Анчах ситменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе кирлĕ ĕçсене туни курăнмасть-ха. Выльăх апачĕпе тирпейлĕ усă курас, апата выльăхсене париччен вĕтетсе тата çемçетсе хатĕрлес, выльăх апатне вăхăтра фермăсем патне кӳрсе пырас ĕçсем çине тимлĕн пăхмаççĕ. Витесене халĕ те кирлĕ пек хатĕрлесе çитермен. Çавна пула выльăхсем сивĕ çĕрте тăраççĕ. Çуралмалли выльăхсене йышăнса илме тĕплĕн хатĕрленсе çитмен. Ферма картишĕнчи çăлсенче выльăхсене шăварма шыв çитмест. Шыва ăшăтмасăр параççĕ.

Колхозра выльăх витисене юсас ĕçе тĕпренех лайăхлатма кирлĕ условисем пĕтĕмпех пур. Ку ĕçе тума строительство бригади уйăрнă Анчах та бригада (бригадирĕ Н. Макаров юлташ) выльăх витисене юсаса ăшăтас тĕлĕшпе нимĕнле ĕç те туман. Фермăсене ялан ĕçлекен опытлă кадрсемпе çирĕплетмен. Выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçри обезличкăна çаплах пĕтермен.

Пуçламăш парторганизаци ферма работникĕсем хушшинче политикăлла-массăлла ĕçе куллен вăйлатса пымалла, партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем тата КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ «ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановлени çинчен тĕплĕн ăнлантарса памалла.

В. СТЕФИНОВ.

### Виçĕ хут ытларах сĕт суса илнĕ

ЭЛĔК. «Труденик» колхозра обществăлла выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхне ӳстерессишĕн тăрăшса ĕçлеççĕ. Колхозниксем выльăхсене тĕрĕс-тĕкел хĕл каçарма кирлĕ условисем туса панă. Кăçал майраккалă шуратра выльăхсем валли типовăй вите туса лартнă, фермăра ытти çуртсене те юсанă. Выльăхсене хĕл каçарма апат çителĕклĕ хатĕрленĕ.

Е. Степанова колхозница сысна ферминче 11 çул ĕçлет. Фермăран илекен тупăш çултан-çул ӳссе пырать. Кăçал кашни сысна аминчен 18-шар çура илнĕ.

Колхоз государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлесе памалли плана ăнăçлă тултарчĕ. Ку вăл обществăлла выльăх-чĕрлĕхрен продукци илесси ӳснинчен килнĕ Кăçал ĕнесенчен, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, виçĕ хута яхăн ытларах сĕт суса илнĕ.

Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ «ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановление вĕренни колхозниксене ĕçе пысăк хавхаланупа туса пыма хавхалантарать.

С. ВАСИЛЬЕВ.

**IV-мĕш КВАРТАЛТА ВĂРМАН ХАТĔРЛЕМЕЛЛИ ПЛАНА «ЧУВАШЛЕС» ТРЕСТ ЕНĔПЕ 1953 ÇУЛХИ ДЕКАБРĔН 5-мĕшĕ ТĔЛНЕ ТУЛТАРНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА (процентпа)**

| РАЙОНСЕМ | Çул хĕррине илсе тухнă | Турттарса кăларнă |
|---|---|---|
| Улатăр | 80.4 | 4.6 |
| Элĕк | 3.9 | 8.0 |
| Вăрнар | 40.6 | — |
| Йĕпреç | 11.2 | 25.7 |
| Ишлей | — | 0.2 |
| Калинино | 18.1 | 14.4 |
| Канаш | 6.2 | 5.2 |
| Комсомольски | 15.8 | 15.9 |
| Красноармейски | 2.1 | — |
| Хĕрлĕ Чутай | 2.8 | — |
| Куракино | 64.5 | 1.2 |
| Муркаш | 0.9 | 5.6 |
| Первомайски | 93.9 | 4.1 |
| Пăрачкав | 40.6 | 32.2 |
| Советски | — | — |
| Сĕнтĕр | — | — |
| Вăрмар | — | 22.0 |
| Çĕрпӳ | 9.9 | — |
| Чкаловски | 53.8 | 49.3 |
| Чурачăк | — | 3.3 |
| Шăмăршă | — | 11.9 |
| Шăхасан | — | — |
| Çĕмĕрле | 68.9 | 23.6 |
| Етĕрне | — | 19.3 |
| Елчĕк | — | 3.7 |
| Тăвай | 5.9 | 2.0 |

### Йывăç хатĕрлемелли плана срокчен тултарассишĕн

Сарăкăлри йывăç еплĕнче ĕçлекен сем смена пĕтсен буккăна пухăнчĕç. Агитатор Я. Петров юлташ рабочисене вăрман касса хатĕрлесси çинчен йышăннă çĕнĕ постановление ăнлантарса парать. Вăл КПСС Центральнăй Комитечĕпе ССР Министрĕсен Совечĕ йышăннă постановленирен тухса тăракан задачăсем çинчен вырăнти ĕçсемпе тачă çыхăнтарса калать.

— Çĕнĕ постановлени, — тет агитатор,—вăрман хатĕрлекен промышленноçа аталантармалла, малта пыракан отрасль туса хумалли программăна палăртать пулса тăрать. Ку таранччен сан ĕçре пысăк ситменлĕхсем пулнă. Эпир вăл ситменлĕхсене хамăр цех ĕçĕнче те куртăмăр. Плана тултарса пытăмăр эпир. Çиелтен пăхсан, ĕçсем начар мар пек темелле. Анчах та пирĕн тухăçлăрах ĕçлеме май пулман-и-ха?

Çак ыйту çине ответ пама кăмăл тăвакансем сахал мар тупăнчĕç. Механик Кузьмин юлташ сăмах илчĕ.

— Пирĕн цех хальхинчен чылай тухăçлăрах ĕçлеме пултарать. Çакă мар ответ кăна мар, кунта ларакан кашни çыннăн отвечĕ,—терĕ вăл.—Механизмсемпе кирлĕ таран усă курманни ĕç тухăçлăхне чакарать. Маятникле пăчкă пур пирĕн. Вăл тахçантанпах ĕнтĕ ахаль тăрать. Ăна валли пĕчĕк пайсем кăна ситмеççĕ. Вĕсене тупма администраци хăй те тивĕçлĕ мерăсем йышăнмасть. Ку—администрацирен килекен сăлтав, тейĕпĕр. Хамăртан килекен ситменлĕхсем те пур. Техникăна вĕренместпĕр, юлташсем. Станоксене кирлĕ пек пăхмастпăр, ĕç хатĕрĕсене типтерлĕ тытмастпăр.

— Станочницăсен те станок техникине пĕлмелле-им вара? Ăнă тата,—тĕлĕннĕ цех кулса ыйтрĕ пĕр хĕрарăм

— Калама çăмăл. Техник тата мĕншĕн?—хушса хучĕç теприсем.

— Сăмах çавăн çинчен пырать те ĕнтĕ,—терĕ механик.—Çĕнĕ постановленире техникăпа пĕлсе усă курмалли çинчен лайăх каланă. Кашни рабочи хăй ĕçлекен механизмсене лайăх пĕлтĕр. Çавăн чухне тин тухăçлă ĕçлеме пулать.

Механикпа агитатор рабочисене механизмсене лайăх вĕренме кирли çинчен ăнлантараççĕ, станоксемпе тухăçлăрах ĕçлемелли майсем çинчен калаççĕ.

Аслă машинист Рубцов юлташ вăрманпромхоз дирекцийĕ лайăх ĕçлекен рабочисене хавхалантарманнине пысăк ситменлĕх тесе шутлать. Çĕнĕ постановлени тăрăх, тет вăл, вăрман хатĕрлекенсене пысăк льготăсем параççĕ. Пирĕн дирекци вара стахановецсене Хисеп хăми çине кĕртсе те «чăрмантмасть» мар. Хисеп хăми талăш участокра пур теççĕ. Анчах эпир курман-ха ăна.

— Трестран килнисем те, вырăнти руководительсем те пирĕн цеха килсе курмаççĕ кăна. Анчах çавăн пек пĕрле пухса калаçмаççĕ, пирĕн шухăш-кăмăла илтесшĕн пулмаççĕ вĕсем,—хушса хучĕç теприсем.

Агитатор çĕнĕ постановлени çинчен ирттернĕ çак калаçăва сахалтан та 10 çын тухса калаçнă. Кашниех çĕнĕ шухăш калаçа парать, çĕнĕ постановленирен тухса тăракан задачăсене хăвăртрах пурнăçа кĕртмелли майсене палăртать.

Партипе правительство хăварнă çĕнĕ постановлени çине тăратса, коллектив IV-мĕш квартал планне декабрĕн 31-мĕшĕ тĕлне ирттерсе тултарма обязательство илчĕ.

Н. НИКИТИН.

Вăрнар районĕ.

## ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

# Вĕренекенсене çирĕп пĕлӳ парассишĕн

Коммунистсемпа активăн политикăлла пĕлĕвне ӳстерес шутпа 1951 çулта Янкасинчи пуçламăш парторганизаци çумĕнче икĕ политшкул организациленчĕç. Иртнĕ çулта çав политшкулсенче вĕренекенсем вĕренӳ çулне ăнăçлă вĕçлерĕç. Кăçал вĕсем парти историне вĕренмелли кружока çӳреççĕ.

Унсăр пуçне, хăшпĕр коммунистсем ыйтнипе, пуçламăш парторганизаци кăçал каллех пĕр политшкул организацилерĕ. Унта вĕренме 12 çын кĕмĕлĕн тухрĕç. Политшкул ĕçне ертсе пыма мана хушрĕç. Парти шанса панă ĕçе эпĕ тĕплĕн туса пыма тăрăшатăп. Вĕренӳ çулĕ пуçланиччен эпĕ политшкулта вĕренме кăмăл тунă юлташсемпе кашнинпех уйрăммăн калаçрăм, вĕсен пĕлĕвĕсемпе паллашрăм тата шухăш-кăмăлне ыйтса пĕлтĕм.

Пирĕн политшкул занятийĕсем кашни кĕçнерникун пулса иртеççĕ. Занятисем ирттерме условисем лайăх, нимĕнле чăрмавсем те çук: çав кун ял Совечĕ те, колхоз правленийĕ те, парторганизаци те канашлусемпе пухусем ирттермеççĕ. Занятисем ирттермелли пӳлĕмре ăшă, таса. Унта яланах хаçат-журналсем нумай, радио итлеме пулать. Стенасем çинче — вĕренӳре усă курмашкăн хатĕрленĕ тĕрлĕ наглядлăй пособисем — диаграммăсем, фотовитринăсем, карттăсем тата ытти те.

Эпĕ занятие яланах тĕплĕн хатĕрленсе пыратăп. Кашни тема тăрăх конспект çырса хатĕрлетĕп. Заняти умĕн ăна тепĕр хут вуласа тухатăп.

Кашни занятие эпĕ çирĕп план тăрăх ирттеретĕп. Чи малтанах юлашки эрнери çĕнĕ хыпарсем çинчен — тĕнчери лару-тăру тата Тăван çĕршыв çинчен 15 минут хушши каласа паратăп. Ун хыççăн иртнĕ занятире вĕреннĕ материала 20—25 минут хушши ыйтса илетпĕр. Вĕренекенсене мĕнле ыйтусем парассине эпĕ малтанах палăртса хуратăп. Иртнĕ занятире вĕреннĕ материала вĕсем лайăх ăнланни паларсан, эпĕ тема тăрăх çĕнĕ материала ăнлантарса пама тытăнатăп. Ку 45—50 минут йышăнать. Юлашкинчен, занятин юлашкĕ сехечĕ пĕтиччен 20 минут юлсан, ыйтусем çине ответлетĕп. Ăнланман ыйтăвĕсене ăнлантарса паратăп тата çитес занятие мĕн вĕренсе килмеллине, тема тăрăх мĕнле литература вуламаллине кăтартса паратăп.

Программăри темăсене вĕреннĕ чухне эпĕ материала илнах — хальхи вăхăтри пурнăçпа танлаштарса тата вырăнти тĕслĕхсемпе çыхăнтарса каласа пама тăрăшатăп. Час-часах хамăр колхоз çитĕнĕвĕсене кăтартакан диаграммăсемпе тата таблицăсемпе усă куратăп, партипе правительство колхозсем умне кăларса тăратнă задачăсем çинчен каласа паратăп. Çакă вĕренекенсен активлăхне ӳстерет, вĕсене темăна лайăхрах ăнланса юлма пулăшать. Сăмахран, «Патша Российинчи рабочисемпе хресченсен пурнăçĕ» ятлă темăна вĕреннĕ чухне эпĕ çакăн пек тĕслĕх илсе кăтартрăм: ĕлĕк, патша саманинче, Янкасинче тăватă çул вĕренни пĕр çын кăна пулнă. Халĕ ялта хут пĕлменнисем пĕр çын та çук. Аслă шкулсенчен вĕренсе тухнисем 12 çын, вăтам шкул пĕтернисем 37 çын шутланаççĕ. Ялта çичĕ çул вĕренмелли шкул пур. Унта 147 ача вĕренет. Пирĕн ялта çитĕнсе ӳснĕ çынсенчен 20 çын учитель, 6 çын врач, 11 çын юрист пулса Тăван çĕршывăн тĕрлĕ кĕтесĕсенче ĕçлеççĕ. 14 çын — Совет Çарĕн офицерĕсем.

Вĕренекенсен политикăлла пĕлĕвне ӳстерес ĕçре эпĕ ытти майсемпе те усă куратăп. Сăмахран, радио тăрăх Мускавран е Шупашкартан паракан лекцисемпе калаçусене коллективлă итлессине йĕркелерĕм. Час-часах вĕренекенсене илемлĕ литература вулама сĕнетĕп. И. Алексеев, П. Герасимов, К. Капитонов, З. Назаров юлташсем, сăмахран, юлашки вăхăтра кăна «Ӳснĕ çерем», «Шурă хурăн», «Икĕ капитан» ятлă произведенисене вуласа тухрĕç.

Политшкула çӳрекен юлташсен политикăлла активлăхĕпе ĕçри хастарлăхĕ ӳсех пырать. Вĕсем хуçалăхпа политикăлла ĕçсене вăхăтра пурнăçлассишĕн пыракан кĕрешӳре лайăх тĕслĕхсем кăтартаççĕ, сурăхне хатĕрленес ĕçе активлă хутшăнаççĕ. Хальхи вăхăтра агитацилле-массăлла ĕçе анлă туса пыраççĕ — колхоз ĕçченĕсене КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн постановленине тата партипе правительство юлашки вăхăтра йышăннă решенисене ăнлантарса параççĕ.

Çапла вара, эпĕ занятисене идея тĕлĕшĕнчен лайăх ирттерессишĕн, вĕренекенсене çирĕп пĕлӳ парассишĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлетĕп.

И. МУКШИН,
политшкул руководителĕ.
Канаш районĕ.

## Политшкулта

ШАХАСАН. «За коммунизм» колхозри комсомол организацийĕ çумĕнче йĕркеленĕ политшкул хăйĕн ĕçне лайăх туса пырать. Унта комсомолецсемпе çамрăксем — пурĕ 17 çын вĕренеççĕ. Политшкул руководителĕ А. Алексеев юлташ занятисене интереслă ирттерет. Вăл вĕренекенсене ăнланмалла каласа парать, вĕренӳре наглядлăй пособисемпе анлă усă курать, конспектсем çырма хăнăхса çитейменнисемпе уйрăммăн ĕçлет, вĕсене кĕнекери тĕп шухăша уйăрса илме вĕрентет.

Вĕренекенсем занятисене лайăх хатĕрленсе пыраççĕ, калаçусене активлă хутшăнаççĕ. П. Кондрашов, О. Николаева И. Степанов юлташсем хăйсен политикăлла пĕлĕвне ӳстерессишĕн уйрăмах тимлĕн тăрăшаççĕ. Вĕреннĕ материала тĕплĕн каласа параççĕ.

Политшкулта вĕренекенсен политикăлла тавракурăмĕ ӳссе пынипе пĕрлех вĕсен ĕçри хастарлăхĕ те ӳссе пырать. М. Матвеева И. Тимофеев комсомолецсем конюх пулса ĕçлеççĕ. Лашасене лайăх пăхаççĕ. Вĕсем пăхакан лашасем таса та мăнтăр. М. Матвеев юлташ кăçал 800 ĕç кунĕ турĕ. Комсомолецсемпе çамрăксем çитес çулхи вăйлă тыррулăшăн пыракан социализмла ăмăртура та лайăх тĕслĕхсем кăтартаççĕ.

В. НЕСТЕРОВ.

## Пропагандистсен семинарĕ

ИШЛЕЙ КПСС райкомĕ парти историне вĕренмелли кружок руководителĕсен черетлĕ семинарне ирттерчĕ. Унта пурĕ 31 пропагандист пухăнчĕ. КПСС райком секретарĕсем В. Дмитриева В. Федоров юлташсем «Партин XIX-мĕш съезчĕ» тата «Халăх массисемпе уйрăм çынсен историри ролĕ» ятлă темăсем тăрăх лекцисем вуларĕç. Ун хыççăн пропаганда ĕçĕнчи опытпа паллаштас шутпа парти историне вĕренмелли кружок руководителĕсем Е. Елькина А. Мастеров юлташсем хăйсен ĕçĕсем çинчен каласа пачĕç.

А. ЕГОРОВ,
А. НИКОЛАЕВ.

# Продавец

Вăрмара килнĕ çынсем пĕр-пĕр япала туяс килейменсен тӳрех çапла калаççĕ:

— Алексей Порфирьевич патне кĕрсе пăхас. Унта пуррах-ĕнтĕ, — теççĕ.

— Алексей Порфирьевич тупса паратех, — теççĕ теприсем.

— Алексей Порфирьевич — пултаруллă çын, — каласа параççĕ япала илекенсем.

Çапла, яланах ырă асăнаççĕ Алексей Порфирьевич Порфирьев юлташа. Вăл вунă çул хушши ĕнтĕ Вăрмар ялповĕн магазинĕнче продавец пулса ĕçлет.

Магазинра таварсем нумай. Кунта çынсем яланах йышлă пулаççĕ. Пĕри кĕрет те пĕри тухать, алăк [illegible] кăна тăрать. Продавец колхозниксене ăшшăн кĕтсе илет, вĕсемпе кăмăллăн калаçать, паха канашсем парать.

— Патефон пур-и? ыйтрĕ пĕр хĕрарăм.

— Пур, — терĕ Порфирьев, вара часах патефона илсе пачĕ. — Кур. Калаттарса пăхма та пултаратăн.

— Репродуктор пур-и? — ыйтать тепĕр çын. — Ялта электростанци пулать. Радио кĕртес тетпĕр.

— Пур, пур.

— Фотоаппарат парăр-ха.

— Супăнь кирлĕччĕ...

— Краççын... — илтĕнеççĕ сасăсем.

Порфирьев пурне те ĕлкĕрет, пурне те илсе парать.

Магазинта таса та ăшă. Таварсене илемлĕ майлаштарса хунă, хакĕсене кăтартакан этикеткăсем пур.

Алексей Порфирьевич хăйĕн ĕçне юратать, хисеплет.

— Суту-илӳ ĕçне ача чухнех юратнă эпĕ, — каласа парать вăл. — Пĕчĕкскĕ чухне урамра лавккалла выляттăмăр. Эх, ачалăх. Тĕлĕнмелле вĕт. Пĕчĕк чухне юратнă ĕçех тума тӳр килчĕ. Чун килет... Эпĕ кашни колхозник кăмăлне тивĕçтерессишĕн, суту-илӳ ĕçне лайăх йĕркелессишĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлеме пăхатăп...

Порфирьев юлташ ĕçлекен магазин тавар çаврăнăш планне уйăхран уйăха ирттерсе тултарать. Ноябрь уйăхĕнчи плана вăл 121 процент тултарчĕ.

Порфирьев продавецăн никçан та растрата пулман. Хăй ĕçлеме пуçланăранпа жалобăсем те çук.

Тавар çаврăнăш планне ирттерсе тултарса пынăшăн, суту-илĕве лайăх организациленĕшĕн Порфирьев продавеца Центросоюз правленийĕпе Потребкооперацин работникĕсен профсоюзĕн центральнăй комитечĕ икĕ хутчен, райпотребсоюз виçĕ хутчен премисем пачĕ.

Порфирьев продавец хăйĕн пĕлĕвне ӳстерессишĕн çине тăрса ĕçлет, политшкулта вĕренет.

— Партипе правительство суту-илĕве вăйлатма, çаврăнăçуллă ĕçлеме хушаççĕ, — тет Порфирьев юлташ, — çавăнпа юлашки вăхăтра татах вирлĕн ĕçлеме пуçларăмăр. Анчах пирĕн çитменлĕхсем те пур-ха. Колхозниксен культура шайĕ, пуянлăхĕ ӳсех пырать. Вĕсен ыйтăвне тивĕçтерес пулсан, колхоза ял валли таварсем ытларах та ытларах кирлĕ. Çапах та ку енĕпе ялпо правленийĕ кирлĕ пек ĕçлемест-ха.

Порфирьев юлташ тĕрĕс калать. Ялпо магазинĕнче час-часах çакăн пек ыйтнине илтме пулать:

— Витре, таз, чугун, хуран таврашĕ мĕншĕн кӳрсе килместĕр?

— Пусма, сатин мĕншĕн сахал?

— Çăмата килмерĕ-и?

— Çитĕннĕ çынсем валли пальто пур-и?

— Костюмсем кӳрсе килĕр-ха.

Çакăн пек ыйтаççĕ колхозниксем. Малашне ялпо правленийĕн çак ыйтусене асра тытса ĕçлемелле, колхозниксене кирлĕ япаласене çителĕклĕ кӳрсе килмелле.

Порфирьев продавецран пример илсе, ялпори ытти магазинсенчи продавецсем те плана ирттерсе тултараççĕ. Тăхăр уйăхри плана Чулкасри магазин продавецĕ А. Журавлева юлташ 128 процент, Энĕшпуçĕнчи магазин продавецĕ Ф. Иванов юлташ 121 процент, Чупайри магазин продавецĕ А. Игнатьева юлташ 107 процент, Арапуçĕнчи магазин продавецĕ А. Алексеева юлташ 109 процент тултарнă. Вĕсем октябрьпе ноябрь уйăхĕсенче те аван ĕçлерĕç.

Ялпори магазинсем, пĕтĕмĕшпе илсен, тăхăр уйăхри тавар çаврăнăш планне 117.9 процент, октябрь уйăхĕнчи плана 118 процент тултарнă. Тăхăр уйăх хушшинче ялпо 107.902 тенкĕ тупăш илнĕ.

Ялпо председателĕ Г. Максимов юлташ продавецсемпе кăшт мухтанма та юратать, уйрăмах вăл Порфирьев продавеца палăртать:

— Алексей Порфирьевич хавхалпа ĕçлеме пултарать, — тет вăл.

— Эпир социализмла ăмăртăва сарса, суту-илӳ ĕçне татах вăйлататпăр, — тет Максимов юлташ.

Порфирьев юлташ та çапла калать. Ытти продавецсем те çакăн пек калаççĕ. Вĕсем çавна çав тери хавхаланса чунчĕререн калаççĕ.

В. АЛЕНДЕЙ.

*„Коммунизм ялавĕ" хаçатра çырнă хыççăн*

## „Пĕрремĕш занятисенчи çитменлĕхсем"

КПСС Муркаш райкомĕ «Коммунизм ялавĕ» хаçатра октябрĕн 9-мĕшĕнче пичетленсе тухнă «Пĕрремĕш занятисенчи çитменлĕхсем» ятлă статьяна райкомăн бюро ларăвĕнче тата пропагандистсен семинарĕнче сӳтсе явнă, парти райкомĕпе пуçламăш парторганизацисем статьяра асăннă çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнни çинчен пĕлтерчĕ.

Парти райкомĕ пĕлтернĕ тăрăх, халĕ пур кружоксемпе политшкулсенче те занятисем йĕркеллĕ иртеççĕ, пропагандистсем занятисене идея тĕлĕшĕнчен çӳлĕ пусăмра ирттерме тăрăшаççĕ, райкомăн пропагандăпа агитаци пайĕ вĕсемпе семинарсем йĕркеллĕ ирттерет.

## *Тĕрĕслеме янă çырусем тăрăх*

«Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцийĕ Пĕпреç районĕнчи Çĕнĕ Чураш ялĕнчи клуб заведующийĕ Антонов юрăхсăр ĕçсем туса çӳрени çинчен пĕлтерекен çыру илнĕччĕ. Çырăва тĕрĕслеме КПСС Пĕпреç райкомне янăччĕ.

КПСС Пĕпреç райкомĕ Антонова дисциплинăна пăснăшăн, ĕçе ӳсĕр пынăшăн, клуб ĕçне япăхлатса янăшăн вырăнтан кăларнă тесе пĕлтерчĕ.

## Районти хаçатсене пăхса тухни

# „Сталинец" хаçатăн лайăх пуçарăвĕ

Çĕрпӳ районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз тыр-пул тухăçлăхне ӳстерес тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре пысăк çитĕнӳ туни çинчен таврана мухтав сарăлчĕ. Ку колхоз Тăван çĕршыв умĕнчи обязательствăсене çулленех чыслăн пурнăçлать, государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем сутса çулленех çĕршер пин тенкĕ тупăш илет, унпа автомашинăсем, строительство материалĕсем, минераллă удобренисем, ăратлă выльăхсем туянать. Кăçал 11 уйăх хушшинче сысна тата ĕне фермисем колхоза 200 пин тенкĕ яхăн тупăш панă.

Ĕçпе мухтава тухнă совет çыннисен чи лайăх енĕ вăл — вĕсем хăйсен пуян опычĕпе çитĕнĕвĕ пурин тивĕçлĕхĕ те пулмалла тăвассишĕн тăрăшни. Хрущев ячĕпе тăракан колхозри выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕç мастерĕсем те иртнĕ уйăхра районти «Сталинец» хаçат урлă хăйсен ĕçĕнчи опытпа паллаштарчĕç.

Филиппова доярка хăй пăхакан ĕнесенчен кăçал 10 уйăх хушшинче кашниннчен 1.700 литр ытла сĕт суса илни çинчен каласа кăтартать. Кириллова доярка та хăйĕн тантăшĕнчен кая юласшăн мар. Хаçатра дояркăсен портречĕсене те пичетленĕ. Свинарка Галкина юлташ хăй пăхакан кашни сысна ами пуçне вăтам шутпа 17-шер çура илнĕ.

Кĕскен, анчах витĕмлĕ сăмахсемпе вĕсем колхозра зоотехника науки кăтартăвĕсене тĕрĕс пурнăçласа пыма тăрăшни çинчен каласа кăтартаççĕ.

«Сталинец» хаçат редакцийĕ (редакторĕ Х. Лисин юлташ) лайăх та усăллă ĕç тăвать. Юлашки уйăхсенчи номерсенче вăл малта пыракан колхоз председателĕсемпе бригадирсен, агрономсемпе ытти специалистсен çырăвĕсене тăтăшах пичетлесе пырать.

«1905 год» колхозри выльăх апачĕ акса тăвакан бригада бригадирĕ Ефимов юлташ кăçал 8.65 гектар çĕр лаптăкĕ çинчен кашни гектар пуçне 400-шер центнер выльăх кăшманĕ туса илнĕ опытпа паллаштарать. Кăшман акса тума Кĕçĕн Çавал тăрăхĕнчи айлăмри чи лайăх çĕр участокĕ уйăрнă. 1952 çулхи кĕркунне ăна 25—26 сантиметр тарăнăш сухаласа хăварнă. Кăçал çуркунне тепĕр хут çемçетнĕ. Кăшман вăрлăхне 8 сехет хушши шывра тытса тăнă. Ун хыççăн урайне сарса кушăхтарнă, машинăпа тата ир акнă. Пăрахан хушшисене икĕ хутчен кăпкалатнă хыççăн калчана сайралатнă, ун хыççăн вара каллех трактор культиваторĕпе кăпкалатса тăнă.

— Кĕçĕн Çавал тăрăхĕнчи айлăмсенче пысăк тухăçлă тымарçимĕç кушăхта та ытти çимĕçсем туса илме питĕ лайăх майсем пур, — тет Ефимов юлташ. — Çав майсемпе туллин усă курса, эпир халăх валли пахча çимĕç, выльăх-чĕрлĕх валли çĕтеклĕ апат темиçе хут нумайрах туса илме пултаратпăр.

«Новая жизнь» колхозри агроном, районти хаçатăн активлă корреспонденчĕ Лукин юлташ, малта пыракан колхозсен опычĕпе усă курса, ир ĕлкĕрекен «Торстаг» сортлă пăрçана çулсерен çĕртме пуçĕнче акса туни çинчен çырать.

Пăрçана пухса кĕртнĕ хыççăн çĕр участокне трактор лайăх сухалаççĕ, минераллă удобренисемпе çемĕçтерсе ун çине ыраш акса хăвараççĕ. Лукин юлташ çĕртме пуçĕнче пăрçа акса тунни ыраш тухăçлăхне чакарманнине цифрăсемпе çирĕплетсе парать. Кунтăн та ытларах, колхоз пĕр вырăнти çĕр участокĕ çинче пĕр çул хушшинче икĕ тухăç илет. Кашни гектар пуçне пăрçа тата ыраш 40 центнера яхăн тĕшĕ пухса кĕртет.

Кăçал ку колхозра çĕртме пуçĕнчи 86 гектар çине пăрçа акнă. Кашни гектартан вăтам шутпа 14.4 центнер, уйрăм бригадăсем 17—18-шар центнер пухса кĕртнĕ, государствăна пурĕ 1 000 центнер таса сортлă пăрçа вăрлăхĕ панă.

Тепĕр номерте Лукин юлташ хăйсен колхозĕнчи пахча çимĕç лартса тăвакан звено кăçал 150 центнер арбуз туса илнĕ опытпа тĕплĕн паллаштарать.

Мичурин ячĕпе тăракан колхозри агроном Михайлова юлташ кăçал 9 гектар çĕр лаптăкĕ çинчен кашни гектар пуçне 316-шар центнер купăста туса илни çинчен каласа кăтартать.

Купăста вăррине апрель уйăхĕнче çĕрĕ тислĕкпе лайăх çемĕçтернĕ парниксене акнă. Пăрахан çине куçарса лартнă калчасене звено тăрăшса пăхнă. Вĕсене хĕвел çинче ăшăтнă, тислĕкпе суперфосфат хутăш ярса ирĕлтернĕ шывпа куллен 2-шер хутчен шăварса тăнă.

Пĕр уйăх каярах, районти парторганизацин конференцийĕнче, коммунистсем «Сталинец» хаçат редакцине хаçатра малта пыракансен опытне сарма çителĕксĕр тăрăшнăшăн хытă критиклерĕччĕ. Ун хыççăн редакци çав критикăран хăйне валли тивĕçлĕ вывод тума тăрăшни палăрчĕ.

Малта пыракан опыт çинчен пропаганда тăвасси редакцин малашнехи ĕçĕнче те пысăк вырăн йышăнать. Çитес номерсенче, уйрăмах, «Пиваллытрой» колхозра нумай çул ӳсекен курăк вăрлăхĕсен тухăçлăхне ӳстерни, Хрущев ячĕпе тăракан колхозра пысăк тухăçлă кантăр туса илни, Мичурин ячĕпе тăракан колхозра хăмла тухăçлăхне гектар пуçне 13 центнера çитерни тата ыттисем çинчен те каласа кăтартма палăртнă. Авторĕсем — агрономсем, бригадирсем, колхозниксем.

«Сталинец» хаçат редакцийĕн пуçарăвне ырламалла, анчах унăн малта пыракан опыта сарас ĕçĕнче çитменлĕхсем те пур-ха.

Машина-трактор станцийĕ колхоз производствине малалла аталантарас ĕçре тĕтсе паракан вăй пулса тăчĕ. Тымарçимĕçсемпе çĕрулми, пахча çимĕçсем акас, лартса тăвас, выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçсене механизацилесси, çавна май ĕç тухăçлăхне ӳстересси, продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетесси — халĕ чи кирлĕ задача пулса тăчĕ. Анчах çав задачăна пурнăçлассишĕн механизаторсем мĕнле кĕрешни çинчен каласа кăтартнине районти хаçат страницисенче курма çук.

Партипе правительство МТС-семпе колхозсене малалла тĕреклетме материаллăй-техникăлла тата организацилле условисем туса параççĕ. МТС директорĕсем, колхоз правленийĕсем, пуçламăш парторганизацисем, ял Совечĕсем колхозсене ертсе пырас ĕçе КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă решенисем майлă мĕнле çĕнетсе, лайăхлатса пыни çинчен «Сталинец» хаçат тĕплĕн çутатса пыраймасть.

Районта кая юлнă колхозсем те сахал мар. Вĕсем общественнăй хуçалăха вăйлăн аталантараймаççи тĕп сăлтавĕ вăл — колхоз правленийĕсем артель производствине тĕрĕс организацилеме, колхозниксен харпăр хăй интересне общественнăй интереспа тĕрĕс çыхăнтарма, малта пыракан опытпа усă курма пĕлменни, ăна вĕренме тăрăшманни.

Малта пыракан опыт çинчен пропаганда тунипе пĕрлех колхозсене ертсе пырас ĕçри çитменлĕхсен сăлтавĕсене те уçса парсан, критикăна анлăрах сарсан, хаçат редакцийĕ районти партипе совет органĕсене тата пысăкрах пулăшу парĕччĕ.

# Чĕлхе уйрăмлăхĕсене шута илмелле

Чăваш чĕлхин грамматикин ыйтăвĕсем пирки хаçатра çырăнакансенчен хăшпĕрисем [illegible] («Вопросы языкознания» № 4, 1953 çул, 13 стр.) [illegible]

[illegible]

*Малта пыракансен опычĕ*

# Кашни чăхран 102 çăмарта

Калининно районĕнчи «Правда» колхоз выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана çултан-çул ирттерсе тултарать.

Колхоз кайăк-кĕшĕк йышĕпе тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе уйрăмах палăрă çитĕнÿсем турĕ. 1950 çулхипе танлаштарсан, колхоз кайăк-кĕшĕк 1,7 хут нумайрах усрать, çулталăкне кашни чăхран 68 çăмарта ытларах илет. Кăçалхи 9 уйăх хушшинче кашни чăхран вăтам шутпа 102 çăмарта илнĕ. 1953 çулта плапа фермăри мĕнпур чăхсенчен 19,4 пин çăмарта пухса илмелле пулнă, фермăра ĕçлекенсем çак заданне август уйăхĕн пуçламăшĕ тĕлне пурнăçланă. Кăçал колхоз государствăна обязательство йĕркипе çăмарта июль уйăхĕнчех парса татрĕ, 1954 çулшăн та çăмарта нумай панă. Кăçал кайăк-кĕшĕк фермиинчен илекен тупăш пĕтĕм выльăх-чĕрлĕхрен илекен тупăш шутĕнче 27—30 процент пулать.

«Правда» колхоз кашни çулах Вăрнарти инкубатор станцинчен чĕпсем йышлăн илсе ÿстерет. 1952 çулта инкубатор станцинчен илнĕ мĕнпур чĕпсенчен 91,4 процентне, 1953 çулта—97 процентне пилĕк уйăха çитиччен ÿстерсе панă.

Чĕпсене пăхса ÿстерме ятарласа стандартлă хурал тунă. Чăх-чĕп валли апат хатĕрлесе пама уйрăм кормокухня пур.

Вăрнарти инкубатор станцийĕпе «Правда» колхоз хушшинче вăрăм çул—20 километра яхăн. Чĕпсене çул çинче йĕркеллĕ илсе çÿремесен, вĕсем аманма е вилме пултараççĕ. Çавăнпа та инкубатор станцинчен чĕпсем илсе килме фермăра ĕçлекенсем хăйсем каяççĕ. Вĕсем, Иван Сергеевна Агапия Ананьева, кайăк-кĕшĕк ферминче чылай çул хушши тăрăшса ĕçлеççĕ.

«Правда» колхоз леггорн ăратлă чăхсем ĕрчетет. Фермăри мĕнпур чăх-чĕпсенчен 13 проценчĕ виçĕ çулхисем, 27 проценчĕ иккĕмĕш çул çăмарта тăваканнисем, ыттисем вара (60 процент) кăçал пăхса ÿстернĕ чĕпсенчен суйласа илнĕ чăхсем. Чăхсем малтанхи çул ытти çулхисенчен çăмарта нумайрах тăваççĕ, çавăнпа та вĕсене йышлăн ÿстерни ферма тупăшне ÿстерсе пыма чылай пулăшать.

Иван Сергеевич фермăра усрама чăхсем суйласа илес ĕçри хăйĕн опычĕ çинчен çапла каласа парать:

— Ялăх чăх июнь-июль уйăхĕнчех тĕкне тăкма тытăнни пирки, çăмарта тума пăрахать. Çавăнпа та эпир чăхсене август уйăхĕнче суйласа илĕс ĕç çине тимлĕн пăхатпăр, çуллахи вăхăтрах тĕкне тăкакан чăхсене, аш-какай тума пусатпăр е государствăна паратпăр. Çăмарта нумай тăвакан чăхсем тĕкне кĕркунне, пуринчен ытларах октябрь уйăхĕнче тăкаççĕ. Çав чăхсен кивĕ тĕкĕ тăкăнса çĕнĕ тĕк шăтса çитĕнесси кĕске вăхăтра, 2—3 эрне хушшинче, пулса иртет. Тĕкне кĕркунне кăна тата кĕске вăхăтра тăкакан чăх çăмарта нумай тăвать. Ăна эпир фермăра усрама суйласа илетпĕр. Печĕк тата пĕркеленчĕк кикирикллĕ чăхсем те çăмарта сахалрах тăваççĕ. Пирĕн фермăри чăхсен кикириккисем пысăк та хулăм, кус çинелле усăнса тăраççĕ. Çăмарта нумай тăвакан чăхсен ура-сăмса тирĕсем кĕркунне те сарă мар, шупка пулаççĕ; хырăмĕ çемçе; кăвăр шăмми вĕçĕ сарлака—2—3 пÿрне вырнаçать.

Пирĕн фермăра пусма ларасшăн кăлăкласа çÿрекен чăхсене усрамаççĕ, мĕншĕн тесен ун пек чăхсем нумай вăхăт хушши çăмарта тумасăр пурăнаççĕ.

Фермăра усрама чи пысăк пахалăхлă чăхсене суйласа илесси—ферма тупăшлăхне малалла ÿстерсе пыма кирлĕ меслетсенчен пĕри пулса тăрать.

• • •

Çĕньял Нуръс ялĕн кăнтăр вĕçĕнче — хутра, сăра шĕшкĕлĕх. Шĕшкĕсем хушшинче вырнаçса ларнă, хĕстимĕр витнĕ, вăрăм та илемлĕ çурт инçетренех курăнать. Çакă вăл—«Правда» колхозăн чăх-чĕп ферми çуртчĕ. Ăна 1951 çулта туса лартнă.

Стандартлă çуртра чăхсем валли ăшă та, çутă та çителĕклĕ, сывлăш та яланах уçă. Иртнĕ хĕлле чи сивĕ кунсенче те витере ăшă 7 градусран кая пулман. Витере яланах ăшă пулни— чăхсем хĕллехи вăхăтра çăмарта тума кирлĕ условисенчен пĕри.

Кашни 4 чăх валли пĕр йăва туса панă. Йăвасене стенасем çумне урайĕнчен 30 сантиметр çÿлерех вырнаçтарса лартнă. Чăхсем ларса канмалли каштасене çуртăн çурçĕр енчи стени çывăхне, урайĕнчен 90 сантиметр çÿлерех хурса тухнă.

Хĕвел çутти—кайăк-кĕшĕк сывлăхне çирĕплетме тата унăн тухăçлăхне ÿстерме кирлĕ условисенчен пĕри. Чăхсене тулта хĕвел çуттинче тата уçă сывлăшра çÿреме лайăх пултăр тесе, ферма çуртĕн кăнтăр енне çÿлĕ карта тытса вырăн туса панă. Унта çуллахи шăрăх кунсенче чăхсене сулхăнра ларса уçăлма хутра шĕшкĕсем те çителĕклĕ.

Çулла, май уйăхĕнчен пуçласа сентябрь-октябрь уйăхĕсене çитиччен, чăх-чĕпе шалашсенче усраççĕ. Шалашсене ферма çывăхнех, шĕшкĕлĕхе вырнаçтарса лартнă.

Кайăк-кĕшĕкшĕн таса шыв çулла та, хĕлле те çителĕклĕ. «Хăшпĕр фермăсенче чăхсене хĕллехи вăхăтра шыв вырăнне юр панине курма пулать, — тет фермăра ĕçлекен Иван Сергеевич.—Çапла туни чăхсен сывлăхне хавшатать, вара чăхсем çăмарта тума пăрахаççĕ. Эпир çуллахи шăрăх кунсенче савăт-сапари шыва кашни 2—3 сехетрен улăштарса тăратпăр—таса шыва кирлĕ чухлĕ ĕçсен, чăхсем шăрăхпа аптрамаççĕ. Хĕллехи вăхăтра шыва ăшăтса паратпăр».

Фермăри мĕнпур ĕçсене расписани тăрăх туса пыраççĕ.

Иртнĕ хĕлле фермăри чăхсем вилня пачах та пулман. Январь — март уйăхĕсенче кашни чăхран вăтам шутпа 17 çăмарта илнĕ.

Колхоз кашни чăх валли çулталăка тырă 20 килограмм, тымарçимĕç 18 килограмм (вăл шутра çĕрулми 12 килограмм), витаминлă тип апатсем 4 килограмм, минераллă апатсем 5 килограмм уйăрса хурать.

Хĕллехи вăхăтра чăхсене кашни кун 60—70 грамм тырă (вăл шутра 40—45 проценчĕ шултра çăнăх), 100 — 125 грамм пĕçернĕ çĕрулми çитереççĕ; çуçăллă апата, выльăх кăшманне пĕçермесĕрех çурмаран касса стенасем çумне çакса параççĕ; вĕтĕ чул, авăртнă пулă, çăмарта хуппи: кĕл-хăйăр, кăмрăк уйрăм валашкасенче яланах çителĕклĕ. Тăвара шывра ирĕлтерсе пăтратнипе пĕрле параççĕ.

Ирхи апата чăхсем кашта çинчен анна хыççăнах, каçхи апата вĕсем кашта çине ларас умĕн парса çитереççĕ. Каçхине тырăллă апатăн 2/3 пайне параççĕ. Çăмарта тăвакан чăхсене белоклă апатсенчен пуринчен ытларах ăман, выльăх-чĕрлĕх какайĕ тата ытти те çитереççĕ. Выльăх какайне 2—3 сехет хушши пĕçернĕ хыççăн вĕтетсе, ытти апатсемпе хутăштарса, кунне кашни чăхха 8—10 грамм параççĕ.

Хĕлле кун тăршшĕ пит кĕске—7—8 сехетрен ытла мар. Чăхсем çăмарта нумай тума кун тăршшĕ 12—13 сехет пулмалла. Çавăнпа та хĕллехи вăхăтра чăхсем пурăнакан çĕрте электричество е краççын çутса кун тăршшĕне çуллахи чухлĕ вăрăмлатмалла. Çапла вĕрентет зоотехника наукн, çапла тăваççĕ кайăк-кĕшĕкрен ытларах тупăш илессишĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлекенсем.

«Правда» колхозра чăхсем пурăнакан çурта «летучая мышь» хунарсемпе çутса çутатаççĕ. Хĕллехи кун тăршшĕне çапла искусственнăй майпа вăрăмлатма фермăри мĕнпур чăхсенчен 80—90 проценчĕ хăйсен кивĕ тĕкне тăкса улăштарнă хыççăн пуçăнаççĕ. Çакă чăхсене фермăра усрама суйласа илес ĕçе туса ирттернĕ хыççăн, октябрь уйăхĕнче пулать. Кун тăршшĕне ерипен, 10—15 минутран пуçласа вăрăмлатса пыма тытăнаççĕ. Чăхсем кăнăхса çитсен вара хунарсене ирхине 6 сехетре çутса яраççĕ те кун çутти лайăх палăрса çитсен кăна сÿнтереççĕ. Каç тĕттĕмлĕхĕ пуçлансан хунарсене каллех çутаççĕ те 19—20 сехетчен сÿнтермеççĕ.

Чăхсем валли хĕллехи кун тăршшĕне искусственнăй майпа вăрăмлатни ахаль пулмарĕ: чăхсем хĕлĕпех çăмарта турĕç. 1952 çулта мĕнпур çăмарта шутĕнчен 34 процентне январь—апрель уйăхĕсенче пухса илнĕ. Ферма работникĕсем иртнĕ çулта çăмарта пухса илмелли плана ирттерсе тултарнăшăн премн йĕркипе 1.360 çăмарта илеççĕ.

«Правда» колхозăн кайăк-кĕшĕк ферми ĕçне малалла лайăхлатса пыма кирлĕ резервсем пысăк. Çав резервсемпе туллин усă курассине тивĕçлипе тата вăраха ямасăр йĕркелесен, колхоз çитес 1954 çултах кашни чăхран 120—140 çăмарта илме пултарать.

**А. ИВАНОВ,**
Вăрнарти инкубатор станцин аслă зоотехникĕ.

## Ĕççыннисен сывлăхĕшĕн тăрăшни

Партипе правительство ĕççыннисен сывлăхне тĕреклетессишĕн яланах тăрăшаççĕ. Çакă республикăри ĕççыннисем канмалли çуртсенче, курортсемпе санаторисенче нумай пулниччен те аван курăнать. Кăçал пирĕн республикăран канмалли çуртсемпе санаторисенче пурĕ 2.750 çын пулнă, çитес çул 3.233 çын пулмалла.

**А. АЛЕКСЕЕВ.**

## Клевер вăрри панăшăн—тырă

ВЕПРЕÇ. Крупская ячĕпе тăракан колхоз кăçал 40 гектар çинче клевер ÿстерчĕ. Кашни гектартан вăтам шутпа 1,5 центнер клевер вăрри тухрĕ. Иккĕмĕш бригада (бригадирĕ А. Сергеев юлташ) гектартан 1,7-шер центнер пухса илчĕ.

Государствăна клевер вăрри памалли плана колхоз 350 процент ытла тултарчĕ. Çакăншăн колхоза государство 243 центнер тырă пачĕ.

Клевер вăрри туса илес енĕпе ĕçленĕ колхозниксене государство панă тырăран 40 процентне (плана ирттерсе тултарнине кура) ĕçкунĕсем тăрăх валеçме йышăнтăмăр. Çапла вара кашни ĕçкунĕ пуçне 3 килограмм та 600-шер грамм хушса тÿлерĕмĕр.

Çитес çул гектартан 2 центнертан кая мар клевер вăрри туса илме ĕмĕтленетпĕр.

**Д. ВАСИЛЬЕВ,**
колхоз председателĕ.

вĕрентни пулать ĕнтĕ. Пирĕн укçасăр, сансăр сăмахсем çак кăтартнă предложенисенче тата ытти сăмахсем те çак формăра дополнени пулнă чухне, вĕсен формине кура, мĕнле категорие кĕнине кăтартса памалла. Вара тин вăл наука енчен тĕрĕс пулĕ. Çакăн пирки чăваш грамматикинче çĕнĕ палеж кирлĕ.

Кун çинчен калаçнă чух хирĕç калакансем ялана ячĕпе палăрă ятне анчах шута илеççĕ, мĕншĕн тесен вĕсен хушшинче сăр(сĕр) аффикслă сăмахсем пĕр пекки пур. Местоимение илсен, вăл вара сăр(сĕр) аффикс йышăннă чух дополнени анчах пулать. Çĕнĕ палеж хушса кĕртме кирлине ку пушшех кăтартать.

Малалла шăн(шĕн) аффикслă форма çинчен Сăмах патĕнче Кусукшăн тавăр, машинăн тĕшĕнчĕ... Умри аслă çĕнтерÿшĕн эпир нимĕн те шеллес çук (Уйăп Мишши). Ку предложенисенче Кусукшăн (камшăн?), çĕнтерÿшĕн (мĕншĕн?) сăмахсем дополнени. Ку форма сăмахсем (ялан ячĕ, местоимени, хисеп ячĕ) предложенире епле çыхăнса тăнине кăтартать. Вăл формăна палеж категорине анчах кĕртме пулать, урăх нимпе те кĕртме çук. Урăхла тусан, ĕçе тĕрĕс пăхмасăр пăтраштарни пулать. Çавăнпа, пирĕн шутпа, чăваш чĕлхинче ку палеж пулмалла.

Çак сăр(сĕр), шăн(шĕн) аффикслă формăсене палеж шутне кĕртме сăлтав çителĕклĕ. [illegible]

[illegible]

Куçма С. Угандеева И. Ижейкин

асăннă хăшпĕр пăтраштарусене те кăтартма кирлĕ. С. Угандеев Лавçем шоссе урлă касрĕç предложенире шоссе урлă сăмах çыхăнавне, ыйтăвне кура (ăçтан?), туху палежĕнче пулмалла, тет. Çавăн пекех Çул тăрăх машинăсем чупаççĕ предложенире çул тăрăх сăмах çыхăнавне, ыйтăвне кура (ăçта?), вырăн палежĕнче хармалла, тет. Кăпла тусан, ним йĕркине те тупма çук. Вĕсен формине (палежне) кăтартакан нимĕнле аффикс та çук. Урлă, тăрăх хыçсăмахсем (тĕрĕсрех каласан, служебнăй сăмахсем) умĕнчи ялана ячĕсем ят палежĕнче (тÿп формăра) тăраççĕ, хыçсăмахсем хăйсем те улшăнман. Ыйтăвне пăхса çеç тусан, çак предложенисенчи пĕр пек формăсене хăш палежсене кĕртмелле-ши? Тракторист тракторпа (мĕнпе?) ĕçлет. Ача урампа (ăçта?) вырать. Ача урампа (ăçтан) иртсе кайрĕ? Маспа (хăçан?) кайăпăр. Ыйтăвсене пăхса тусан, ку пĕр формăнах темиçе палежа кĕртме пулать. Анчах апла тумаççĕ, ăна пĕр палежа çеç кĕртеççĕ.

Хыçсăмахсем икĕ йышши пулаççĕ — улшăнманнисем тата хăшпĕр палежлă хыçсăмахсем (служебнăй ятсем). Улшăнман хыçсăмахпа палăртнă чухне унăн хăйĕн формине анчах палăртмалла, палежлă хыçсăмахсене палăртнă чухне çав палежсене кăтартмалла. Сĕтел çинче (ăçта)—пару палежĕ; сĕтел çинче (ăçта?)—вырăн палежĕ; сĕтел çинчен (ăçтан?)—туху палежĕ; сĕтел çийĕпе (ăçтан?)—[illegible]. Ыйтăвĕсене пăхса çеç палежа кĕртсен, С. Угандеев каланă тăрăх, малтанхи икĕ форма вырăн палежне кĕмелле пек, кайранхи икĕ форми туху палежне кĕмелле пек. Анчах грамматикă апла тумасть.

«Кĕтĕм çĕрĕ, сыхлăн çĕнтерÿ, «çăпăр уçса» сăмах çыхăнăвĕсенче кĕтĕм, сыхлăн, пăхăр сăмахсене С. Угандеевпа И. Ижейкин, вырăс чĕлхинче пекех (калас: «Знаю чĕлхи строй ...») [illegible]

сем ялана ячĕсене ăнлантарса параççĕ. Анчах вĕсем кунта ыйту енчен пăхса синтаксис категорийĕпе морфологи категорине пăтраштараççĕ. Кĕмĕл, ылтăн, пăхăр ялана ячĕсем ялана ячĕсене ăнлантарса пани вăл синтаксис категорийĕ (определени), унăн ыйтăвĕ те («мĕнле?») кунта синтаксис категорине пĕлтерет. Çак сăмах çыхăнăвĕсене, сăмахсем предложенире мĕн пулнине тĕпчесе пĕлни синтаксис енчен пăхни пулать. Морфологи кĕмĕл, ылтăн, пăхăр сăмахсем мĕне пĕлтернине, мĕнле пуплев пайне кĕнине пăхать Çавăн чухне вăл мĕн? тесе ыйтать. Морфологи енчен пăхсан, ку сăмахсем палăă ячĕсем мар, яланах ялана ячĕсем пулаççĕ.

С. Угандеев аван сăмахе пĕрре палăă ячĕ, тет, тепре наречи, тет. Пĕр сăмахах икĕ пуплев пайне кĕртни каллех тĕрĕс-ши? Вăл тракторсăр сăмаха та наречи тесе шутласшăн. Мускавра чĕлхе ыйтăвĕсем тĕлĕшпе пулнă канашлура описательнăй грамматикăсен ыйтăвĕсем çинчен тунă докладра çапла каланă: «Обстоятельство пулакан качествăллă палăă ячĕсене тем тесен те наречи тесе пăхасшăн, вăл е «палăă ятĕнчен дифференциацие уйрăлман» наречи е «наречие тухнă палăă ячĕ» тесе шутлаççĕ. Тĕпчевçĕсем тюрк чĕлхисенче палăă ячĕсен пит янлă синтаксис функцийĕсем пуррине кăтартакан пĕртте иккĕленмелле мар факта йышăнсан, вĕсене апла та капла ăнлантарма кирлĕ мар пулнă пулĕччĕ. Савна йышăнсан, пирĕн хамăрăн та аваль ... [illegible]

Пур, çук сăмахсем, пирĕн шутпа, пĕр палăă пулăр пайне кĕме сăмахсем. Вĕсене пуплев пайне кĕртмесен те çывăх [illegible]

**Н. АНДРЕЕВ,**
Наукăпа тĕпчев институтăн наччăшĕ сотрудникĕ.

## Сĕт-çу продукчĕсем ытларах пулччăр

Апат-çимĕç продукчĕсене халăха наукăпа никĕсленĕ панă нормăсем тăрăх, социализмла общество çынните пур енĕпе те сывă та çирĕп çитĕнме кирлĕ нормăсем тăрăх парса тăрас задачăна этемлĕх историйĕнче чи малтанхи хут пĕтĕм государство задачи вырăнне кăларса тăратнă.

Çак пархатарлă задачăна пурнăçлас ĕçре çу, сыр тата сĕт продукчĕсем туса кăларассине ÿстерни пысăк вырăн йышăнать. Çавăнпа та партипе правительство çу, тата сĕт продукчĕсем туса кăларассине вăйлатассишĕн нумай тăрăшаççĕ. Сĕт продукчĕсем туса кăларасси 1954 тата 1955 çулсенче чылай ÿсет. Выльăх çăвĕ туса хатĕрлесси 1955 çулта 1950 çулхинчен 76 процент, сыр—2,8 хут, çăралатнă сĕт—3,4 хут ÿсмелле. Хăймине уйăрчан сĕт продукчĕсем туса кăларасси 1955 çулхинчен 2,4 хут ÿсмелле. 1956 çулта выльăх çăвĕ 650 пин тонна таран туса кăларма, урăхла каласан, 1950 çулхипе танлаштарсан, икĕ хут ÿстерме палăртнă.

Партипе правительство кăтартăвĕсене пурнăçласа, Чăваш республикинчи сĕт-çу промышленноçĕ хăйĕн ĕçне пăхармаллах лайăхлатрĕ. Маслосырпромăн Чăваш республикинчи тресчĕ, пĕтĕмĕшпе илсен, продукци туса кăлармалли çулталăкри плана 101 процент тултарчĕ. Кăçалхи 11 уйăх хушшинче, 1950 çулхипе танлаштарсан, услаçу 80 процент ытларах туса кăларнă. Ишлей, Комсомольски, Красноармейски, Муркаш, Елчĕк районĕсенчи сĕт-çу заводĕсем çу туса кăлармалли çулталăкри плана срокчен тултарнă, халĕ планран ирттерсе çу туса параççĕ.

Пирĕн республика государствăна сĕт памалли çулталăкри плана декабрĕн 1-мĕшĕ тĕлне 100 проценчĕпех тултарчĕ, ку енĕпе тăванла Мордва тата Мари республикисем хушшинче пыракан социализмла ăмăртура пĕррĕмĕш вырăн йышăнчĕ.

Кăçал государство валли сĕт нумай сутăн илсе хатĕрленĕ. Государствăна сĕт паракан колхозсем валли питĕ лайăх условисем туса панă. Савна май кăçал, 1952 çулхипе танлаштарсан, сутăн илсе 1 500 тонна ытларах сĕт хатĕрленĕ. Сĕт сутнăшăн колхозсене 29 автомашина панă. Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе, Чурачăк районĕнчи Калинин ячĕпе тата Елчĕк районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозсем «ГАЗ-67» сăмăл автомашинăсем туянна.

Республикăри нумай колхозсем, КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă постановлене пурнăçласа, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетесси çине тимлĕрех пăхма пуçларĕç. Вĕсем выльăх-чĕрлĕх тупăшлăхне ÿстерес енĕпе кăçалах палла çитĕнÿсем турĕç. Акă, Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз кăçал кашни ĕнерен вăтам шутпа 1.500-шер литр сĕт суса илнĕ. Укçа çине куçарса шутласан, ку колхоз выльăх-чĕрлĕх продукчĕсене государство ÿстерсе панă хаксемпе сутнипех, пĕлтĕрхипе танлаштарсан, 100 пин тенкĕ ытларах тупăш илнĕ. Колхоз государствăна 70 тонна сĕт сутнă, ушăн «ГАЗ-51» автомашинăсем иккĕ тата тепĕр «ГАЗ-67» сăмăл автомашина илнĕ.

Государствăна сĕт сутса, республикăри колхозсем выльăх апачĕ те сахал мар илнĕ.

Сĕт илекен сборщиксенчен нумайăшĕ ĕçре паха тĕслĕх кăтартаççĕ. Сăмахран, Ишлей районĕнчи Кăшавăш ял Советĕнчи сборщик П. Федоров юлташ сĕт хатĕрлемелли çулталăкри плана октябрĕн 10-мĕшĕ тĕлнех тултарчĕ.

Муркаш, Ишлей, Етĕрне, Комсомольски районĕсенчи сĕт-çу заводĕсем государство валли сĕт обязательство шучĕпе тата сутăн илсе хатĕрлемелли çулталăкри плана ирттерсе тултарчĕç. Анчах ку ĕç пур çĕрте те кирлĕ пек пулса пырать теме çук-ха. Чи малтанах Хĕрлĕ Чутайри çу заводне палăртма тивет. Ку район сĕт хатĕрлемелли плана 79 процент кăна тултарнă. Республикăри ытти районсем уйрăм çынсен хуçалăхĕсенчен сĕт илмелли плана тултарнă—Хĕрлĕ Чутай районĕ вара ку енĕпе паянхи кунччен юнса пырать. Сĕт хатĕрлес тĕлĕшпе Вăрмарти, Шăхасанти, Советскинчи, Çĕрпÿри çу заводĕсем те юнса пыраççĕ.

Сĕт-çу промышленноçĕнчи работниксен сĕт хатĕрлемелли тата сутăн илмелли плана тултарма тăрăшмалла. Сĕтрен продуктсем тума тĕплĕн хатĕрлесе çитмелле. Заводсенче топливо, пăр, савăт-сапа çителĕклĕ пулмалла.

Сĕт-çу заводĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтерер, халăх валли сĕт-çу продукчĕсем ытларах туса кăларар.

**П. КУЗНЕЦОВ,**
Маслосырпромăн Чăваш республикинчи тресчĕн управляющийĕ.

## Канцеляри çуртне юсас пулать

Елчĕк районĕнчи Сĕнĕ Пăва ял Советĕн канцелярийĕ 50 çул каярах лартнă çуртра вырнаçнă. Халĕ çак çуртăн стенисем йăлтах хавшаса çитнĕ. Хĕллехи вăхăтра кунне 2 хутчен кăмака хутсан та ăшă тăмасть.

Ял Советĕ хăйĕн госбюджетĕнче 1953 çулхи бюджетран канцеляри çуртне тĕпрен юсаттарма 25 пин тенкĕ укçа уйăрса пама ыйтрĕçĕ, анчах Елчĕк райисполкомĕ ним çукран 2.000 тенкĕ çеç памалла турĕ. Ял Советĕ çав укçапа материал туянма 920 тенкĕ Елчĕк райтопне пачĕ. Анчах райтоп (директорĕ Гурьянов юлташ) строительство материалĕсем калăпчен те памарĕ-ха.

Кăçал эпир каллех ял Советĕн канцеляри çуртне тĕпрен юсаттарма 1954 çулхи бюджетран 10.000 тенкĕ расходсем пăхса хăвартăмăр. Çак ыйтăва татса памалла. Ял Совет канцелярийĕ вырнаçнă çуртра юсаттармалла.

**В. ЕРТМАКОВ,**
ял Совет секретарĕ.

# Бригадир Кронид Лаврентьев

МТС директорĕн Кондратьев юлташăн кабинетне çÿлĕрех пÿ-силлĕ, çирĕп шăмшаклă çын пырса кĕчĕ те, сывлăх сунса пукан çине васкамасăр ларчĕ.

— Кронид Лаврентьевич,—терĕ директор, килнĕ çын çине пăхса,—пысăк йывăрлăх умне çитсе тăтăмăр. Мастерской строительстви чарăнса ларать, платниксем çитмеççĕ, анчах тупас пулать. Тракторсемпе ытти машинăсене юсас ĕçе те хăвăртлатмалла, çав вăхăтрах платник ĕçне пĕлекен трактористсене строительствăна куçарма тивет. Эсир мĕн шутлатăр?

Çуна вараланнă пиншак тăхăннă çын пĕр вăхăт хушши чĕнмесĕр шутласа ларчĕ, аллинчи хутсем çине тинкерсе пăхрĕ.

— Нумай шутласа тăмалли çук,—терĕ вăл, пуçне сĕклесе.—Тракторсене юсас ĕçе чăрмантармасăрах строительствăна рабочисем уйăрса яма пултаратпăр.

— Кама?

— Пултарулла çынсенех. Акă, пирĕн бригадăран Яков Николаевпа Федор Павлов ĕçлеме пултараççĕ. Николаев—хăмасурма ăста, платник ĕçĕнче те начар мар. Павлов та кая юлас çук. Эпир вĕсен тракторĕсене юсаса пĕтернĕ, хăйсене строительствăна куçарас пулать. Иккĕшне те ырăнах чĕнсе илсе те, ĕçлеме тытăнччăр.

Рабочисем уйăрасси çинчен калаçса татăлнă хыççăн Кронид Лаврентьевич мастерскоя васкаса кайрĕ.

— Çавăн пек çын вăл пирĕн бригадир Лаврентьев юлташ,—терĕ директор, приказ çырма хут хатĕрлесе.—Пĕрре сăмах пачĕ пулсан, ăна вăл пурнăçлассине иккĕленмесĕр шанса тăр. Кăçал ăна колхозсенче пурĕ 425 тонна силос хывма задани патăмăр, вăл 620 тонна хыврĕ. 375 тонна вăрлăх сортлама задани илчĕ, халĕ 400 тонна яхăн сортларĕ, вара 600 тонна çитерме хушрăмăр, ăна та вăл пурнăçлатех. Эсир Лаврентьев юлташпа хăйĕнпе паллашăр-ха, унăн пурнăçри кунçулĕ те ыттисенчен уйрăмрах.

Ĕçрен пушаннă сехетре Кронид Лаврентьевич хăйĕн пурнăçĕпе кĕскен паллаштарчĕ.

Ашшĕне астумасть, вăл граждан вăрçи çулĕсенче Колчак бандисене хирĕç çапăçса вилнĕ. 8 çула çитсен амăшĕсĕр юлнă. Ăна асламăшĕпе асламăшĕ пăхса ÿстерĕ. Ача чухне шкула 2 çул çеç çÿренĕ, малалла вĕренме карчăкпа старик вăй çитереймен.

1930 çул хыççăн, пирĕн çĕршывра колхоз строй çĕнтерсен, 15 çулхи Кронидăн вусех урăлла раскал пуçланса кайнă. Хăйсен колхозĕн уй-хирĕсенче тракторсем ĕçлеме тытăнсан, вăл кирек мĕнле пулсан та, тракториста вĕренме шут тытнă.

1936 çулта, МТС-ри курсран вĕренсе тухнă хыççăн, вăл трактор çине ларнă. Ĕренсе кăна пулман, вăй çитнĕ таран тăрăшнă, анчах хутла сахал пĕлни ытах сисĕнтернĕ. Кучуккеки кăткăс техника хутла лайăх пĕлекен çынсене çеç парăнать.

21 çула çитнĕ, хăй те ача ашшĕ пулнă тракторист яли çинчĕ çул вĕренмелли шкула вĕренсе пĕтерме тĕллев лартнă. Учительсем пулăшнипе, çулталăк хушши хăй тĕллĕн вĕреннĕ хыççăн, вăл 5-мĕш класшăн экзамен панă. Хăй тĕллĕн вĕренме пушшех йывăр пулнипе вăл тепĕр çулĕсене класрах вĕренме йышăннă.

Коммунистсен партийĕ кăтартнă çулпа тÿррĕн пыракан трактористa райком та часах асăрханă. Ăна вара, вĕрентсе хатĕрленĕ хыççăн, 1939 çултах парти ретне илнĕ.

Парти райкомĕ Кронид Лаврентьевран юрист тума шутласа, ăна юридически шкула янă. Вăл çав шкултан вĕренсе тухнă, анчах ăна юрист пулма тÿрĕ килмен. Отечественнăй вăрçă пуçлансан, вăл каллех МТС-а таврăннă. Унта вăл юр айне пулнă 4 трактора кăларса юсанă, вĕсем çинче ĕçлеме çамрăксене вĕрентсе хатĕрленĕ те, хăй фронта тухса кайнă.

Çар службинчен таврăнсан Лаврентьев юлташ тÿрех МТС-а кайнă. Кунсăран вĕренсе тухнă хыççăн вăл Чурачăк МТС-ĕнче трактор бригадин бригадирĕ пулса ĕçлет.

Ăста механизаторăн чи кирлĕ пахалăхĕ вăл—техникăна юратни, ăна вĕренсе алла илме çине тăрса тăрăшни. МТС-ра Лаврентьев юлташ çинчен сăмах хускатсан, вăл чи малтан çавăн пек çын пулнине палăртаççĕ. Анчах ку çеç бригадиршăн çителĕксĕр.

— Кронид Лаврентьевич — механизаторсене кирек хăçан та чăтăмлă пулма, тытăннă ĕçе вĕçне çитерме вĕрентекен организатор,—терĕ партбюро секретарĕ. — Унăн бригадине пырса кĕнĕ трактористсемпе прицепщиксем валлах туса кайнине курма çук.

Бригада 1953 çулхи трактор ĕçĕсен планне 123 процент тултарнă, МТС-ри бригадăсен хушшинче пыракан социализмла ăмăртура пĕррĕмĕш вырăн йышăннă, колхозсенче çапла пек ĕç пырать-ха.

Тракторист К. Порфирьев юлташ «ОС-3» маркăллă пысăк сортировкăпа колхозсене вăрлăх сортласа парать. Кун пек машинăсем МТС-ра сахал, çавăнпа та Лаврентьев юлташа хăйĕн бригадинчи машинăпа 12 колхоза вăрлăх сортласа пама хушнă.

Вăхăтлăха тунă мастерской варринче тап-таса трактор ларать, ăна бригада тĕпрен юсаса кăларнă. Иртнĕ çулсенче кун пек трактор патне çурккуннеччен пырса тĕкĕнмен. Кăçал урăхла. Мастерскойран юсаса кăларнă трактортан силосорезка кăкарчĕç те, «Прогресс» колхоза выльăхсем валли улăм вĕтетме туса кайрĕç.

«ДТ-54» трактора часрах юсаса кăларма тăрăшаççĕ. Лаврентьев юлташăн бригади ĕçлекен колхозсем кăçал пурĕ 1.000 тонна ытла минераллă удобренисем туянма заявкăсем панă. Механизаторсем пулăшмасан колхозсем ун чухлĕ удобрение турттарса пĕтерме вăй çитерес çук.

А. Николаев колхозник «ДТ-54» трактор çинче ĕçлекен И. Васильев коммунистпа пĕрле прицепщик пулса ĕçленĕ. Çамрăк колхозник техникăна юратнине курса, ăна механизаторсен Канашри шкулне вĕренме янă. Вĕренсе таврăнсан вăл хăйне Васильев юлташăн подменщикĕ тума ыйтнă.

— Хамăн пирвайхи учитель патнех ярăр,—тенĕ вăл.—Васильев юлташ коммунист, манăн унран вĕренмелли нумай-ха.

«Труд» колхоз членĕ, комсомолка Надежда Ефремова, вăхăтлăха çеç тесе, прицепщица пулса ĕçлеме кĕнĕ. Вăхăтлăха кĕнĕ те, яланлăха юлнă, туслă коллективран уйрăлма пултараймăн. Кăçал вăл хăйне Канашри училищĕне яма ыйтнă. Бригадир сĕннипе дирекци Ефремова юлташăн ыйтăвне тивĕçтернĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн решенийĕсем пичетленнĕ хаçатсем çитсенех, Кронид Лаврентьевич патне кашни кун темиçе çамрăк пыма тытăннă, пурте механизатор пуласшăн, хăйсене училищĕне яма ыйтаççĕ.

Пĕр кунхине ун патне «Прогресс» колхоз членĕ Тамара Тимофеева пынă. 10-мĕш класран вĕренсе тухнă хĕрача комбайнерка пулма ĕмĕтленет.

— Пирĕн ĕç çăмăл мар,—ăнлантарса панă бригадир.—Шутласа пăхăр, каярахпа бригадăран пăрахса каймалла ан пултăр.

— Эпĕ колхозниĕ çемйинче ÿснĕ çын, — ответленĕ хĕрача,—йывăрлăхран хăраса тăмăп, вĕренсе çеç тухасчĕ.

Тамарăна вĕренме янă хыççăн бригадир патне «Труд» колхоз членĕ Мария Александрова чупса пынă. Вăл, 7 çул вĕреннĕскер, трактористка пуласшăн, хăйне училищĕне яма ыйтнă. Вăл колхозра мĕнле чăтăмлăхпа ĕçленине тĕрĕсленĕ хыççăн, унăн ыйтăвне те тивĕçтернĕ.

Хăйĕн пĕлĕвне, квалификацине ÿстерсе пыракан механизатор çеç кучукнеки техникăпа тухăçлăн ĕçлеме пултарать. Çавна Лаврентьев юлташăн бригадинче çирĕппĕн асра тытаççĕ. Вĕренÿра бригадир-коммунист чи малтан хăй пурне те лайăх тĕслĕх кăтартса парать. Вăл хăйĕн килĕнче библиотека тунă. Унта марксизм-ленинизм классикĕсен произведенийĕсем, илемлĕ литература, ялхуçалăх литератури кĕнекисем пур. Унăн килне кулленех темиçе экземпляр хаçат-журналсем пырса тăраççĕ.

Бригадир хăйсен малашнехи тĕллевĕсем çинчен каласа кăтартрĕ.

— Хамăр ĕçлекен «Прогресс» артеле çитес çывăх вăхăтра миллионер колхоз пулмалла тăвасчĕ,—терĕ вăл, савăнăçлăн пăхса.

Вăл вара колхозра çĕрулмипе тымарçимĕçсен тухăçлăхне ÿстермелли, выльăх апачĕн çирĕп никĕсне тумалли, общественнăй выльăх-чĕрлĕхрен пысăк тупăш илмелли. Çавăл шывĕ тăрăхĕнчи айлăмра çĕршер пин тенкĕлĕх пахча çимĕç туса илмелли тата ытти майсем çинчен те каларĕ. Çав ырă тĕллевшĕн ĕçлет те кĕрешет хастарлă коммунист ертсе пыракан ĕçчен бригада.

**Н. ВОЛКОВ,**
(Хамăр корр.).

Чурачăк МТС-ĕ.

## Хаçат-журнал сарас ĕçе ертсе пымалла

СĔНТĔР. Республикăра туса тăракан хаçатсемпе журналсене сарасси районта юнса пырать. Декабрĕн 4-мĕшĕ тĕлне 9 колхоз пĕр экземпляр та хаçат-журнал çыранса илмен. Учрежденисемпе организацисенче те çак ĕçе тивĕçлипе йĕркеленĕ теме çук. Мăн Сĕнтĕрти тата Урнашри вăтам шкулсенче, Пушкăртри тата Москакассинчи çичĕ çул вĕренмелли шкулсенчи учительсем хушшинче хаçат-журнал сарас ĕçе пит [illegible] организациленĕ.

Районти перелет кассн, Госбанкăн районти уйрăмĕ, прокуратура, [illegible] фабрики, сыхлăх пайĕ, çав шутрах тата сыхлăху [illegible] ВЛКСМ райкомĕ, [illegible] тухакан пĕр хаçат-журнала та çыранса илмен.

Мĕншĕн-ха районта хаçат-журнал сарас ĕç [illegible] пырать? КПСС райкомĕн бюрои хаçат-журнал çырăнтарма хатĕрленес ĕç [illegible] çинчен ертсе [illegible] [illegible] вара ку енĕпе нимех те тумасть. [illegible] парторганизацисен [illegible] хушшинче хаçат-журнал сарас ĕçе [illegible] ертсе пыма [illegible]

те ертсе [illegible], пуçламăш организаци секретарĕсемпе хăшпĕр коммунистсем хăйсем те хаçатсем çыранса [illegible]. Комсомол райкомĕ çамрăксем хушшинче «Çамрăк коммунист» тата «Молодой коммунист» хаçатсене сарас ĕç çинчен шухăшламасть.

Ĕççыннисем хушшинче хаçат-журнал сарас ĕçе [illegible] «Союзпечать» районти организаторĕ Прокопьев юлташ шанса панă. Вăл та ĕç хăй [illegible] ерсе пырасса шанса ларать. Общественнăй уполномоченнăйсене пĕрре те пухса хаçатсене, Ишмене, Юнкă, Урхас [illegible] уйрăмĕсен начальникĕсем хаçат-журнал сарас ĕçре [illegible] [illegible] [illegible] уполномоченнăйсене ĕçре пулăшмаççĕ, вĕсен ĕçне тĕрĕслесе тăмаççĕ.

Пирĕн шутпа, КПСС райкомĕн хаçат-журнал сарас ĕçе хăвăртрах тĕплĕнрех [illegible] валли тивĕçлĕ ĕçе [illegible]

**Н. ШОРКИН,**
(Хамăр корр.).

# Турцири ĕççыннисен асаплă пурнăçĕ

Турцири ĕççыннисен пурнăçĕ çинчен каланă чухне чи малтанах Турци ялĕ çинчен каламалла, мĕншĕн тесен çак çĕршывра пĕтĕм халăхăн пилĕк пайĕнчен тăватă пайĕ (82 процентĕ) хресченсем шутланаççĕ.

Турци ялхуçалăхĕн палăк енĕсем, Хĕвелтухăçĕнчи колонилле тата çурма колонилле çĕршывсенчи пекех, çаксем пулаççĕ: çĕр феодалсен аллинче, ялхуçалăх техники питĕ кая юлнă, хресченсем чухăн, çĕрсĕр пурăнаççĕ, налог пусмăрĕ питĕ йывăр тата помещиксем тискер. Тырă акма юрăхлă çĕрĕн виççĕ пайĕнчен икĕ пайĕ помещиксен аллинче. Çав вăхăтрах хресченсен ытларах пайĕн (12 миллион хуçалăхăн) çĕр е пачах çук, е питĕ сахал, çав çĕр çинче туса илнĕ тырпул хресченсен çемйисене тăранса пурăнма та çитмест. Хресченсем пысăках мар çĕр лаптăкĕсене помещиксенчен хакла тӳлесе тара илеççĕ. Вĕсем патĕнче тарçăра ĕçлеççĕ тата вĕсене çав çĕр çинче туса илнĕ тырпултан çуррине тӳлеççĕ. Турци ялĕ чухăнланнин тĕп сăлтавĕ, паллах, çĕр феодалсен аллинче тăни пулать, анчах ку вăл пĕртен-пĕр сăлтав мар. Турцин питĕ пысăк вăрçă тăкакĕсене, çавăнпа налогсем ӳссе пынине хресченсем тӳсеççĕ.

Нумаях пулмасть Турцири «Улус» ятлă хаçат: Сурçĕр Атлантика блокĕн руководителĕсем вăрçă хатĕрлессипе çыхăнса тăракан ытла та пысăк йывăрлăхсене Турци çине тиевтерчĕç, çакă вăл çĕршыв экономикине тата халăх пурнăçне пĕртте шута илмесĕр тунă ĕç, тесе ӳпкелешрĕ.

Сурçĕр Атлантика союзĕн 60 дивизийĕнчен, тесе çырнă çав хаçат, Турцин 21 дивизи тăратмалла, Грецин—10, çав блокра тăракан ытти вуникĕ çĕршывăн вара (вăл шутра Англи, Франци тата Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсем) 29 дивизи тăратмалла. Çав вăхăтрах, тесе вĕçлет çав хаçат, «пирĕн ялсенчи пурнăç шайне шута илмеççĕ.., пирĕн ялсем нумайăшĕ пĕр иккĕленмесĕрех каламалла, чул ĕмĕрĕ вăхăтĕнчи условисенче пурăнаççĕ».

Чăн та, юлашки вăхăтра Турцири хăшпĕр хаçатсем Турци ялхуçалăхĕнче пулмалли «аваслăхсем» çинчен мухтанса çыраççĕ. Вĕсем çырнă тăрăх, Турци урăх çĕршывсене тулă сутасси ӳсет. 1953 çулта вара 3 миллион тонна пулать. Вĕсем юлашки çулсенче Турци урăх çĕршывсенчен темиçе пин трактор кӳрсе килнĕ, тесе çыраççĕ. Анчах, тĕрĕссипе илсен, çаксем Турцири хресченсен пурнăçĕ лайăхланнипе мар пачах урăхла. Вĕсен пурнăçĕ начарланнипе çыхăнса тăраççĕ. Ют çĕршывсене тулă ытларах сутни, пуринчен ытла, çĕршывра халăх тулă çиесси чакнипе пулса пырать. Çакна Турцин туллашри суту-илĕвне вăйлатас шутпа туса пыраççĕ. Хресченсен партийĕн депутачĕ Джезми Тюрк меджлисра çапла каланă: халĕ Турцире влаçа тытса тăракан çынсем ку ĕçе «Халăхăр тăранччен çимĕпĕр, анчах урăх çĕршывсене сутăпăр!» текен лозунгпа туса пыраççĕ, çав вăхăтрах, вăл каланă тăрăх, Турцири хресченсен пысăк пайĕ выçăллă-тутăллă пурăнать. «16 пин ял (36 пин ял-ран) çыннисем пачах çăкăр çиеймеççĕ».

Тракторсене те, паллах, хресченсем валли кӳрсе пымаççĕ. Хресченсем тинĕр плуг та сутăн илеймеççĕ. Машинăсене помещиксем кăна туянаççĕ, вĕсем хăйсен хуçалăхне капитализмла йĕркепе туса пыма тăрăшаççĕ. Хресченсене хăйсем тара илнĕ çĕрсем çинчен те хăваласа яраççĕ.

Çука юлнă хресченсем ĕç шыраса пинĕпинĕпе хуласене каяççĕ, ĕççĕр çынсен шутне ӳстереççĕ. Пĕр чĕл çăкăршăн кирек мĕнле ĕç те тума килĕшекен ĕççĕр çынсем пурри промышленниксене Турцири рабочи класс çине тапăнса пыма май парать.

Турцири ĕççыннисен пурнăç шайĕ пĕрмаях чакса пырать. Ĕç укçи пĕр шайра тăрать пулин те, япала хакĕсем пĕрмаях ӳсеççĕ. Июнь уйăхĕн вĕçĕнче «Дюнья» хаçат Стамбулри губернатор Турци правительствине панă докладри цифрăсене пичетленĕ. 1950 çултан пуçласа 1953 çула çитиччен апат-çимĕç хакĕсем 60—100 процент ӳснĕ. Турцири хаçатсем шутласа кăларнă тăрăх, 1950 çулхи май уйăхĕнчен пуçласа 1953 çулхи май уйăхне çитиччен пурăнма кирлĕ япаласен хакĕ 220 процент ӳснĕ.

Турцире рабочисене эксплуатацилесси пĕрмаях вăйланса пырать. Предприяти хуçисем ĕç кунне вăрăмлатсах пыраççĕ. ĕççĕрлĕх ĕççыннисемшĕн çав тери хăрушă инкек пулса тăрать.

Турцири рабочисем хăйсен пурнăçĕ çинчен акă мĕн калаççĕ. 1953 çулхи июньре «Улус» хаçат темиçе рабочи каласа панине пичетленĕ. Турцири пур рабочисен те пурнăçĕ çавăн пек, тесе çырнă хаçат. «Пире хуçасем,— тенĕ рабочисенчен пĕри,— 12-шер, 14-шар тата 16-шар сехет хушши те ĕçлеттереççĕ. Ширĕн ирĕксĕрех пăхăнма тивет... Пăхăнмасан, эпир ĕççĕр тата çăкăрсăр тăрса юлма пултаратпăр. Хальхи вăхăтра хаклă пурнăçра эпир хамăр ачасене выçă вилĕмрен çăлса хăварас тесе, пĕр ывăç пăрçашăн ĕçлетпĕр».

Турцири рабочисемшĕн тата хулари мĕнпур чухăнсемшĕн çĕнĕ инкек килсе тухнă: 1953 çулхи майăн 4-мĕшĕнче меджлис çурт-йĕрсене тара илесси çинчен çĕнĕ решени йышăннă. Çав решени тăрăх хваттер укçине 50 процент ӳстернĕ те ĕнтĕ. 1954 çулхи январĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа татах 50 процент ӳстереççĕ. Çапла вара пиншер чухăн çынсем—рабочисем, служащисем тата ĕççĕррисем килсуртсăр тăрса юлнă. Хула тавра начар пӳртсен—мĕскĕн, пĕчĕк лассен поселокĕсем нумайлансах пыраççĕ. Кивĕ ешĕк хăмисенчен, тутăхнă тимĕр татăкĕсенчен картонран тата тĕрлĕ ăпăр-тапăрсенчен тунă çак пит начар «пӳртсене» туроксем «геджеконду»—«пĕр каçра пулса тăнă» суртсем, тесе ят панă.

Турци агрессилле Сурçĕр Атлантика блокне тата агрессилле «Балкан союзĕ» хутшăнни çар базисем тума, йышлă çар тытса тăма, хĕçпăшалланма калкан пысăк тăкаксене çыхăнса тăрать. Вăрçă тăкакĕсем вăçал (Америка «пулăшăвĕ» тăрăх илсе тăракан укçана кĕртсен) калама çук пысăк хисепе—Турци укçипе шутласан 1.800 миллион лира çитнĕ. Кунта çакна асăрхаттармалла: государство бюджечĕ пĕтĕмпе те 2.123 миллион лир шутланать.

Наци экономикине вăрçă тĕллевĕсене пăхăнтарни хуларе тата ялти ĕççыннисен пурнăçне юхăнтарать. Вăрçа хатĕрленес тĕлĕшпе тăвакан тăкаксене витме халăх çине пысăк налогсем хураççĕ. социальнăй обеспечени, сывлăха сыхлас тата халăха вĕрентес ĕçсем валли ахаль те сахал уйăрнă укçа-тенке пĕрмаях чакарса пыраççĕ. Çĕршыва милитаризацилени унăн укçа хуçалăхне хавшатать. Турци укçин—лиран хакне йӳнетет тата тавар хакĕсене ӳстерет. Вăл çавăн пекех пĕтĕм экономикăн тĕрекне вайсăрлатать тата промышленноçăн граждалла отраслĕсене пĕтерсе лартасси патне, ĕççĕррисен шучĕ нумайланасси патне илсе пырать. Çĕршыва милитаризацилени тата Америка хĕçпăшал парса «пулăшни» Турци экономика енĕпе чураллăха кĕртсе ӳкерет, унăн хресченĕсене тата рабочийĕсене Америка капиталĕ эксплуатацилессине вăйлатать.

Турци экономики тата государствăн укçа хуçалăхĕ йывăрлăх тӳснине темиçе тĕслĕхпе кăтартса парăпăр. Турци государствин парăмĕ, 1951 çулхи февральпе танлаштарсан, 136 миллион лир таран ӳснĕ, çав парăм государствăн çулталăкри бюджетĕнчен те иртсе кайнă. Правительство малтан шутласа пăхнă тăрăх, государство бюджечĕн дефицичĕ 1953 çулта 163,5 миллион лир пулать. Иртнĕ çулта туллашри суту-илĕвĕн дефицичĕ 540 миллион лира çитнĕ. Çавăнпа-и çĕршывăн ылтăн запасĕ хăварт пĕтсе пырать. 1946 çулта, тепĕр майлă каласан Америка «пулăшăвĕ» умĕн, ылтăн запасĕ 236 тонна ытла пулнă пулсан, халĕ вара вăл икĕ хут сахалланнă. Çав вăхăтрах эмисси банкĕ ниме тăман хут укçасем кăларсах пырать. Турци укçин тавар илес пултарулăхĕ хăварт чакать.

Турци промышленноçĕ вăйсăр, вăл, шалти рынокра Америка таварĕсем сутăннă пирки, пĕрмаях япăхланса, юхăнса пырать.

Турцири ĕççыннисен пурнăçĕ мĕн таран йывăрланса пырать, вĕсем хăйсен прависене хӳтĕлеме çавăн чухлĕ хаюллărах çĕкленеççĕ. Рабочисем ĕç укçине ӳстересси, сакăр сехетлĕ ĕç кунĕ тăвасси, ĕçе сыхлас тĕлĕшпе кирлĕ мерăсем йышăнасси çинчен çине тăрсах çирĕп требованисем кăларса тăратаççĕ. Пир-авăр тата табак промышленноçĕнчи рабочисем, шахтерсем, Америкăн нефть компанийĕсенче ĕçлекен рабочисем ĕç укçине 50—100 процент ӳстерме ĕççĕрлĕхе пĕтерес тĕлĕшпе тата тавар хакĕсем ӳснине хирĕç васкавлă мерăсем йышăнма ыйтаççĕ.

Турци пичетĕнче жандармсемпе ялсенчи хресченсем хушшинче хĕçпăшаллă çапăçусем пулса иртни çинчен хыпарсем ытларах та ытларах сарăлаççĕ. «Миллет» хаçат Анкара вилайетĕнчи (провинцийĕнчи) Бессиккепрю ялĕнчи хресченсем жандармсен отрядне хĕçпăшалпа хирĕç тăни çинчен пĕлтернĕ. Çав отряд яла парăмсемшĕн хресченсен пурлăхне туртса илме пынă пулнă. «Джумхуриет» хаçат Гюнелли ялĕнче (Чанкыры вилайечĕ) хресченсемпе жандармсем хушшинче вăйлă çапăçу пулса иртни çинчен пĕлтернĕ. Жандармсем унта хресченсен çĕрне туртса илме пынă пулнă.

Ĕççыннисем ирĕке тухассишĕн, демократишĕн тата никама пăхăнмасăр пурăнассишĕн тăрăшнине Турцири реакцилле ушкăнсем пĕр хĕрхенмесĕр пусарса пыраççĕ.

Апрель уйăхĕнче «Сон тельграф» хаçат юстици министерстви 1953 çулта тĕрлĕ хуласенче 64 тĕрме тума йышăнни çинчен пĕлтернĕ. «Чĕрĕк ĕмĕр хушшинче, 1925 çултан пуçласа 1950 çула çитиччен, тесе çырнă хаçат, Турцире 58 тĕрме тунă. 1951 тата 1952 çулсенче вара 68 тĕрме тунă. «Анчах кăçалхи çул тунă тĕрмесен шутне илсен, вăл рекорд пулса тăрать».

Çапла вара, хальхи Турцири социальнăй хутшăнусенче икĕ пысăк палăк пур. Пĕррехмĕшĕнчен, ĕçхалăхĕн пурнăçĕ чухăнлансах пырать: хулари тата ялти ĕççыннисен прависене, вĕсен пурнăç шайне реакци ытларах та ытларах хĕссе пырать. Иккĕмĕшĕнчен, классем хушшинчи хирĕçӳсем сивĕчленсе пыраççĕ. ĕççыннисем реакци наступленине хирĕç тăрассине вăйлатаççĕ. Турцири рабочисемпе хресченсен хăйсен экономикăлла тата политикăлла прависемшĕн пыракан кĕрешĕвĕ вăйлансах пырать. Мир пулассин тата никама пăхăнмасăр пурăнассин кăна Турцири ĕççыннисем этем евĕрлĕ пурăнма пултараççĕ. Çакна вĕсем ытларах та ытларах ăнланса илеççĕ.

Л. ВЕЛИЧАНСКИЯ.

Демократилле Корея Халăх Республики. Корейăри хресченсем ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ӳстерме тăрăшаççĕ. Вĕсем уй-хирти ӳсентăрансене сиен кӳрекен хурт-кăпшанкăсемпе тата çумкурăксемпе ăнăçлă кĕрешеççĕ. Государство хресченсене ядохимикатсем тата сирпĕтмелли хатĕрсем çителĕклĕ парса тăрать.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Пхеньян çывăхĕнче. Хресченсем уйра хурт-кăпшанкăсемпе кĕрешес тĕлĕшпе ĕçлеççĕ.

## Демократиллĕ Вьетнам Республикинче шыв илнине хирĕç кĕрешеççĕ

ШАНХАЙ, декабрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Вьетнамри информаци агентстви Демократиллĕ Вьетнам Республикинче шыв илнине хирĕç кĕрешни çинчен çырнă статьяна панă.

Хĕрлĕ юханшывăн дельти Çурçĕр Вьетнамра тата Центральнăй Вьетнамăн çурçĕр пайĕнче 19 пин тăваткал километра яхăн çĕр лаптăкĕ йышăнать, тенĕ статьяра. Кунта 9 миллион çын пурăнать. Вĕсем, тĕпрен илсен, ялхуçалăхĕнче ĕçлеççĕ. Кашни çулах, июнь уйăхĕнчен пуçласа ноябрь уйăхĕччен, Çурçĕр Вьетнамра юханшывсенчи шыв шайĕ нумай хăпарать. Шыва тытса чаракан пĕвесем пулман пулсан, дельта питĕ пысăк кӳлĕ пулса тăнă пулĕччĕ. Çавăнпа та пĕвесене çирĕплетесси Вьетнам халăхĕшĕн питех те пысăк ыйту пулса тăрать.

Франци колонизаторĕсем пуç пулса тăнă вăхăтра пĕвесене çулсеренех шыв çĕмĕрнĕ. 1906 çултан пуçласа 1945 çулччен кунта 14 хут шыв илнĕ, урăхла каласан, вăтам шутпа кашни виçĕ çулта пĕрре шыв илнĕ. 1945 çулта Çурçĕр Вьетнамра шыв илни уйрăммăнах вăйлă пулнă. 260 пин гектара яхăн рис акнă хирсене шыв илнĕ.

Халăх демократи влаçне туса хунă хыççăн Хо Ши Мин президент халăха пĕвесене юсама тата шыв илес хăрушлăха пĕтерме чĕнсе каланă. Хо Ши Мин чĕнсе каланине хавхаланса, Çурçĕр Вьетнамри тата Центральнăй Вьетнамăн çурçĕр пайĕнчи 18 провинцири хресченсем пĕвесене юсанă. Вĕсем 2.720 пин кубометр тăпра кăларса купаланă.

Франци çарĕсем юсанă пĕвесене çĕмĕрме, хирсене шыв илтерме тата вырăнти халăха хăратма тăрăшаççĕ. 1952 çулхи августпа сентябрь уйăхĕсенче вĕсем Бак-Нинь провинцийĕнчи Чу-Мау пĕвине виçĕ хутчен çĕмĕрнĕ. Çавна пула 618 гектар çинчи рис хирне шыв илнĕ. 7.200 гектар çĕр шыв илес хăрушлăхра пулнă.

Тăшмантан ирĕке кăларнă районсенче ĕççыннисем кивĕ пĕвесене çирĕплетессишĕн тата çĕнĕ пĕвесем тăвассишĕн патриотла хухăш-туйăмпа ĕçлеççĕ. Нумай вырăнсенче хресченсен пĕвесене юсас ĕçе тăшман патрулĕсене хирĕç çапăçнă вăхăтра туса пыма тивет. Пĕвесене çирĕплетес тĕлĕшпе ирттерекен ĕçсене чарса лартас тесе, тăшман патрулĕсем атакăсем тăваççĕ.

Демократиллĕ строй вăхăтĕнче, тенĕ юлашкинчен статьяра, Вьетнамри хресченсем çакна ăнланнă: пĕвесене хӳтĕлесе, вĕсем çавăн пекех хăйсен пурнăçĕпе пурлăхне хӳтĕлеççĕ, хăйсен пурнăç условийĕсене лайăхлатаççĕ тата Халăх çарĕ валли апат-çимĕç хатĕрлесе парассине ӳстереççĕ.

## Китайра вырăс чĕлхине юратса вĕренеççĕ

ШАНХАЙ, декабрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Китай Халăх Республикинчи ĕççыннисем вырăс чĕлхине питĕ интересленсе вĕренеççĕ. Шанхайра вырăс чĕлхине вĕрентмелле тунă аслă тата вăтам шкулсен хисепĕ çултан-çул ӳссе пырать. Предприятисемпе учрежденисенче Китайпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăх обществин уйрăмĕсем çумĕнче ятарласа тунă курссем нумай ĕçлеççĕ.

«Вэньгуйбао» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Шанхайра вырăс чĕлхине вĕрентес тĕлĕшпе ĕçлекен кĕске вăхăтлăха тунă курссем нумай организациленĕ. Каçхи шкулсемпе курссенче 150 пин çынна яхăн вĕренет. Курссенчен вĕренсе тухнă çынсем Совет Союзĕнчи малта пыракан опыта сарас ĕçе активлăн хутшăнаççĕ.

## Болгарири çĕнĕ стройкăсем

СОФИЯ, декабрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Çак кунсенче Болгарире икĕ пысăк çĕнĕ стройка — «Студена» водохранилище тата çип арлакан «Марица» фабрика туса пĕтернĕ.

«Студена» водохранилищи Витоша тăвĕн хĕвеланăçĕнчи тайлăмĕнче, Димитрово çĕр кăмрăк бассейнĕн районĕнче вырнаçнă. Водохранилищĕри шыва Болгарири В. И. Ленин ячĕпе тăракан пĕррремĕш металлурги заводĕнчи хурçăна сивĕтес çĕрте, çавăн пекех «Республика» электростанцийĕнче тата çăмăлла юхтаракан заводра усă курма пуçлаççĕ. Унсăр пуçне, «Студена» водохранилищинчи шывпа тырă лайăх пулакан пиншер гектар çĕрсене шăвармалла. Димитрово хулинчи индустри районне шыв парса тăмалла.

Пловдив хулинче çип арлакан «Марица» фабрика усăлла хыççăн унта çĕнĕрен 30 пин йĕкене ĕçе янă. 1954 çулта «Марица» фабрика çĕршыва 2.600 пин метр пир-авăр тĕртме, 4 миллион мăшăр носкипе чăлха çыхма тата 235 пин штук тĕрлĕ йышши трикотаж изделийĕсем туса кăларма çип арласа парать.

### ХĔВЕЛАНĂÇ ГЕРМАНИЕ МИЛИТАРИЗАЦИЛЕНИНЕ ХИРĔÇ

ПАРИЖ, декабрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Октябрĕн 25-мĕшĕнчен пуçласа, кашни вырсарникунах Францири чылай пысăк хуласенче халăх пухăвĕсем пулса иртеççĕ. Пухусене департаментсенчи мир совечĕсем организацилеççĕ. Вĕсене Хĕвеланăç Германие милитаризацилениe хирĕç, Бонра тата Парижра тунă договорсене çирĕплетессине хирĕç кĕрешес тĕллевпе ирттереççĕ. Ĕнер çавăн пек пухусем çĕршыври 9 хулара пулса иртнĕ.

«Юманите» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Анже хулинчи пухăва тĕрлĕрен политикăлла партисен, профсоюзсемпе обществăлла организацисен членĕсем 6 пин çын ытла хутшăннă.

Пуатье хулине пухăва пынă темиçе çĕр делегат хушшинче генеральнăй советниксем, хуласемпе коммунăсен мэрĕсем, тĕрлĕрен политикăлла партисенче тăракансенем, çавăн пекех коммерсантсем, преподавательсем, фашизма хирĕç пынă юхăмăн участникĕсем пулнă çынсем, рабочисемпе хресченсем пулнă. Ĕнер Гале, Лориан, Амьен тата ытти хуласенче те пысăк пухусем организациленĕ.

## Хĕвеланăçĕнчи виçĕ державăн Бермуд утравĕсем çинчи канашлăвĕ пирки

НЬЮ-ЙОРК, декабрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Агентствăсен корреспондентчĕсем Бермуд утравĕсем çинчен пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер США, Англи тата Франци правительствисен пуçлăхĕсен, çавăн пекех ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен канашлăвĕ пуçланнă. Правительство пуçлăхĕсен канашлăвĕнче, малтанхи пекех, Франци премьер-министрĕ Ланьель пулман.

Канашлу хыççăн Черчилльпе Эйзенхауэр çакăн пек пĕлтерни пичетленĕ кăларнă: «Виçĕ правительствăн пуçлăхĕсем тата вăл правительствăсен ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсем Европа ыйтăвĕсене пăхса тухма пуçланă, ырăн вĕсем Инсет Хĕвелтухăçĕнчи ыйтусене тухса пăхма тытăнаççĕ. Франци ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Бидо правительствăсен пуçлăхĕсен канашлăвĕнче Франци «Европăра оборона пĕрлешĕвĕ» (урăхла каласан «Европа çарĕ».—Ред.) тĕлĕшпе мĕнле суя-йĕр тытса пыни çинчен ăнлантарса панă.

Авторитетлă ушкăнсенчен илнĕ сведенисем тăрăх, Черчилль Эйзенхауэра çавăн çинчен пĕлтернĕ: Англи Россипа тата Китайпа суту-илӳ тăвасси ăкăлчансен пурнăçне лайăхлатас çĕрте питĕ кирлĕ, тесе шутлать. Палăхи нарăин кун йĕркинче (канашлăва ирттĕн ирттереççĕ) Индо-Китайри вăрçă ыйтăвне нумай пулнă, тата парас тĕлĕшпе Франци ирĕклĕ пулма шутлани тĕлĕшрен палăрнă. Корейăри мирлĕ конференци пухасси çинчен коммунистсемпе вăртăн калаçусем ирттерес пирки пĕр-пĕрин шухăшне ыйтса пĕлнĕ...»

## Америка оккупацилениине пула

ПХЕНЬЯН, декабрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Кăнтăр Корейăра чир-чĕрсем аталанаççĕ. Корейăри Центральнăй телеграф агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Кăнтăр Корейăри хаçатсем панă сведенисем тăрăх, Кăнтăр Корейăра туберкулезпа 1.300 пин çын чирлет. Çĕршывра ерекен чирсем сарăлнă.

Сеулри «Чосон ильбо» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Кăнтăр Корейăри чылай районсенче проказа чирĕпе чирлекен çынсен хисепĕ ӳссе пырать. Ли Сын Ман ăн сывлăх «министерстви» пичетлесе кăларнă официальнăй сведенисем тăрăх каласан, çавăн пек чирпе чирленисен хисепĕ Кăнтăр Корейăра кăçалхи август уйăхĕнче 45 пин çын пулнă.

## Японие хĕçпăшаллантарнине хирĕç

ШАНХАЙ, декабрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Японири пĕлтернĕ тăрăх, декабрĕн 5-мĕшĕнче Китакю хулинче ĕççыннисен нумай çынлă митингĕ пулса иртнĕ. Митинга профсоюзсен вырăнти вĕрлешĕвĕ пуçарса тăрăх пулнă. Митинг участникĕсем резолюци йышăннă. Унта вĕсем ĕç укçа ӳстерме требовани лартаççĕ. Митинг хыççăн хула урамĕсенче демонстраци иртнĕ. Демонстрантсем «Шăр-шăрпа хурушăрăхне тавас тĕлĕшпе ĕçлекен уполномоченнăй программа тăрăх шыравна пулăшу ан пултăр», «Тепĕр хут хĕçпăшаллантарасса хёр пултăр!» тесе çырнă унта ытти лозунгсем йăтса пынă.

## США Индостан çурутравĕ çинче çар базисем тума хăтланать

ДЕЛИ, декабрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Индири хаçатсем США агрессилле тĕллевсемпе Португалипе Францин Индири çĕрĕсемпе—Индостан çурутравĕнчи çĕрĕсемпе—усă курма хăтланни çинчен çыраççĕ.

Индостанăн хĕвеланăç тата хĕвелтухăç çыранĕн тăрăхĕнче Португали аллинче тăракан Гоа, Даман тата Диу, çавăн пекех Франци аллинче тăракан Пондишери, Карикал, Янаон тата Маэ ятлă çĕрсем пур. Инди правительстви темиçе çул хушши çак территорисене Инди аллине пама кирли çинчен пĕр хутчен кăна мар Португалипе Франци правительствисем умне ыйту лартнă. 1948 çулта Франци правительстви Чандернагор территорине Индие тавăрса панă, анчах Инди требованийĕсене пурнăçласси çакăнпа пĕтсе ларнă.

Индири хаçатсем çакна палăртаççĕ: Франципе Португали аллинче тăракан çĕрсене Индие тавăрса пама килĕшменни США çак çĕршывсене хĕснинчен килет. Америкăри агрессилле ушкăнсем ют çĕршывсен Индири çĕрĕсемпе хăйсен çар базисен вырăнне усă курма тăрăшаççĕ. Делири радио ноябрĕн 21-мĕшĕнче пĕлтернĕ тăрăх, Гоари Инди конгресĕн председателĕ çапла каланă: Гоа территорине ют çĕршыв çыннисен пулăшнипе милитаризациленине çирĕплетсе калакан фактсем нумай. Америка Португалине пулăшша тытăннăранпа кăтартса панă ĕнĕ. Гоа, тĕпрен илсен, стратегире кирлĕ хатĕрсем пасе тăрать.

«Амрита базар патрика» хаçат нумаях пулмасть çапла çырнă: «Вăрçă тухас пулсан, ют çĕршывсен Индири территорийĕсенчен Çывăх-Хĕвелтухăç блокĕн çар базисем туса хума пултараççĕ. Хăшпĕр аслă державăсем Францие Португали çине хăйсен влиянине сарни пуçма пултарать, Францине Португали хăйсен Индири территорийĕнчи çĕрĕсене Индие калаçса пама килĕшменнине çакăнпа ăнлантарса пама пулать те ĕнтĕ».

Инди премьер-министрĕ Неру Бомбейри митингра октябрĕн 9-мĕшĕнче «Инди хăйĕн территорийĕ çинче ют çĕршывсем аллинче тăракан çĕрсем пуррипе, чĕсем мĕн пысăкăш пулнине тата ăçта пулнине пăхмасăр, килĕшмĕ» тенĕ. Неру калани çинчен асăнса, «Таймс оф Инди» хаçат çапла çырнă: «Премьер-министр Инди правительстви ют çĕршывсем аллинче тăракан çĕрсене Инди çумне пĕрлештересси пурнăçа кĕртес тесе ытти ирĕксем йышăнасси çинчен асăрхаттарни Португалипе Франци кăна мар, çавăн пекех мĕнпур аслă державăсене вырса тивет. Аслă державăсем, тен, çав çĕр ен хăйсен çар, ункăс-çар тата сывлăш çар базисен ушкăнĕнче усăллă çĕрсем пулса тăрасса шутлаççĕ».

Португалипе Франци Индири çĕрĕсенчен Америкăн çар базисем туса хурас хăрушлăх туса тăнă май çĕршывра çак территорисене Инди çумне пĕрлештересси ыйтăвне пыракан пысăк вăйларнă.

## Мосаддыка суд туни

ТЕГЕРАН, декабрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Мосаддыкпа Иран çарĕн генеральнăй штабĕн начальникĕ пулнă Рияхи ĕçне пăхса тухакан судра декабрĕн 3—5-мĕшĕпе 6-мĕшĕнче свидетельсем вырăнне министрсем пулнă çынсенчен: юстици министрĕнчен Лотфирен, сывлăх министрĕнчен Малекирен тата финанс министрĕн заместителĕнчен Мобашертан, çавăн пекех пропагандăпа пичет управленийĕн генеральнăй директорĕ пулнă Башир Фарахмандран, Тегеранăн çар губернаторĕ пулнă Ашрафирен, çар полицийĕн управленийĕн начальникĕ пулнă Модабертан тата ытти çынсенчен ыйтса пĕлнĕ. Ун хыççăн Мосаддык докторпа Рияхи генерала ыйтса тĕпченĕ.

Декабрĕн 5-мĕшĕнчи каçхи ларура Рияхи генерала хӳтĕлекен Шахголи полковник çакна ася илтернĕ: çарăн уголовнăй кодексĕн хăшпĕр статйисене сух пурнăçламасть; çав статьясем тăрăх айăпланакансен хӳтĕлеме право пур. Çавăнпа пĕрлех Шахголи судран айăпланакансене хӳтĕлекен çынсен представителĕсем туса каламалли вăхăта палăртма ыйтнă. Председатель пулса ертсе пыракан ăна хирĕç çапла каланă: суд хăйĕн ĕçне законпа килĕштерсе туса пырать, айăпланакансем хӳтĕленме пултаракан правăна пурнăçласа пыраççĕ, тенĕ.

Мосаддыка хӳтĕлекен Бозоргмехр полковник та ĕнерхи ларура Шахголи каланă сăмахсенех каланă. Бозоргмехр ыйтнине те суд йышăнман.

## Тегеранра çынсене арестлеççĕ

ПАРИЖ, декабрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин корреспонденчĕ Тегеранран пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер пасар районĕнче демонстраци пулнă вăхăтра 10 çынна арестленĕ. Демонстрантсем Иранпа Англи хушшинче тепĕр хут дипломатилле çыхăнусем тытма пуçланине хирĕç протестленĕ пулнă.

### ИРАН ÇАРНЕ ÇĔНĔЛЛЕ ЙĔРКЕЛЕÇÇĔ

ТЕГЕРАН, декабрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). «Кейхан» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, дивизисен штабĕсен начальникĕсенчен тăракан комисси икĕ эрне хушши ĕнтĕ Иран çарне çĕнĕлле йĕркелес ыйтăва тĕпчесе вĕренес тĕлĕшпе ĕçлет. Çитес çултан пуçласа Иран çарне виçĕ хут пысăклатма палăртнă, тесе çырать хаçат.

## Ĕççĕрлĕх ӳссе пырать

БЕРЛИН, декабрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви çапла пĕлтерет:

«Ĕççĕр çынсене ĕç тупса парас тата страховани тăвас енĕпе ĕçлекен федеральнăй ведомство» çапла пĕлтернĕ: ноябрь уйăхĕнче Хĕвеланăç Германире 157 450 çын ĕççĕр тăрса юлнă. Ку вăл вăтам шутпа кунсерен 5 пин çынна ĕçрен кăларса янине пĕлтерет.

### ИЗРАИЛЬ ПРЕМЬЕР-МИНИСТРЕ ОТСТАВКĂНА ТУХНĂ

ПАРИЖ, декабрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Израиль премьер-министрĕ Бен-Гурион официальнăй йĕркепе хăй отставкăна тухни çинчен пĕлтернĕ.

Израиль премьер-министрĕн ĕçĕсене вăхăтлăха ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Шарет туса пырать.

### АМЕРИКĂН ÇАР БАЗИСЕНЕ ТУНИНЕ ХИРĔÇ

ШАНХАЙ, декабрĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Токиоран пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Токиора Сетагай районĕнчи ĕççыннисен митингĕ пулса иртнĕ. Вĕсем çар строительствине хирĕç протестленĕ.

Митинг участникĕсем Сетагай районĕнче Америка çарĕ валли склад тунине хирĕç протестленĕ. Митинг хыççăн демонстраци пулса иртнĕ. Çар объекчĕсен строительствине хирĕç кĕрешекен вырăнти дигăн представителĕсем ют çĕршыв ĕçĕсен министерствине сутĕç министерствине, çавăн пекех Америка посольствине пырса кайнă. Унта вĕсем протестласа çырнă резолюцисем парса хăварнă.

## Пĕлтерни

Декабрĕн 9-мĕшĕнче, 19 сехетре, КПСС хула комитечĕн библиотека çуртĕнче парти историне тĕпрен вĕренекенсем валли лекци пулать. Лекци теми: «РСДРП-ăн II-мĕш съезчĕ тата унăн историлле пĕлтерĕшĕ».

Лектор—В. А. Нестеров юлташ.

• • •

Декабрĕн 9-мĕшĕнче, 19 сехетре, КПСС хула комитечĕн библиотека çуртĕнче вĕренĕш çул ĕçлекен политкружоксен руководителĕсен семинарĕ пулать. Семинарта пăхса тухмалли тема: «КПСС Уставĕ—парти организацилле тĕвачĕ тĕççĕлĕшлĕ, парти пурнăçĕн тĕп законĕ».

Руководитель—А. П. Николаев юлташ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ — декабрĕн 9-мĕшĕнче вырăсла спектакль «Всё остается людям». Декабрĕн 13-мĕшĕнче вырăсла спектакль «Любовь на рассвете».

Спектакльсем 19 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.

КИНО

«УДАРНИК»—декабрĕн 9-мĕшĕнче 15 уйăхĕнче Австрире ӳкерсе çĕнĕ илемлĕ фильм «Франц Шуберт».

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 1. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—9-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-27, парти пурнăç пайĕ—5-50, общество пайĕ—5-54, пропаганда пайĕ—5-91, ялхуçалăх пайĕ—5-87, культура пайĕ—5-61, совет строительстви пайĕ—3-54, çырусем пайĕ—7-32, издательство ваххучĕ—9-23.

НТ 09307 Типографи № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 2817. Тираж 30.000 экз.